ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
31
ЫТЛАРИКУН
№ 66 (8975)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**

**И. СТАЛИН. ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем** (2—3 стр.).
Совет Союзĕ тăрăх (1 стр.).
**Çуракине тимлĕн хатĕрленер!** (1 стр.).
«ХАЛАХСЕМ ХУШШИНЧИ МИРЕ ÇИРĔПЛЕТНĔШĔН» ПАМАЛЛИ ТĔНЧЕРИ СТАЛИНЛА ПРЕМИСЕМ ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН КОМИТЕТРА: Канадăри священника Джеймс Эндикотта тĕнчери Сталинла преми пани (1 стр.).
Куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав илнĕ (1 стр.).
Социализмла ăмăрту договорне мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеççĕ (3 стр.).
КПСС Шупашкар хула комитечĕн пиллĕкмĕш пленумĕ (4 стр.).
Ялхуçалăх специалисчĕсен çĕнĕ отрячĕ (4 стр.).
Çамрăксен прависемшĕн кĕрешни—миршĕн кĕрешни пулать. Çамрăксен прависене хÿтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци хăйĕн ĕçне вĕçленĕ (4 стр.).
ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ (4 стр.).
Корейăри ĕçсем (4 стр.).
Генерал Кларкпа маршал Ким Ир Сен тата генерал Пын Де-хуэй пĕр-пĕринпе çырусем улăштарса илни (4 стр.).

## Халăх массисемпе тачă çыхăнса тăнинче—пирĕн партин никам çĕнтерейми вăйĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—совет халăхĕн боевой авангарчĕ, Совет государствине ертсе тата çул кăтартса пыракан вăй, пирĕн мĕнпур çĕнтерÿсен организаторĕ. Парти ертсе пынипе, совет халăхĕ коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанчăклăн пырать.

Ленин—Сталин партине халăх массисем вĕçĕмсĕр шанса, пулăшса тата юратса пурăнаççĕ. Совет халăхĕ хăйĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсене Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе туни çинчен, халăх интересĕсемсĕр пуçне, Совет государствине малалла тĕреклетес интерессемсĕр пуçне партин урăх интерессем çукки çинчен лайăх пĕлет.

Совет çыннисем хăйсем Коммунистсен паттăр партийĕпе—пирĕн халăхăн çапăçусенче пиçĕхнĕ авангарчĕпе тачă çыхăнса тăнине куллен туйса тата пĕлсе тăраççĕ. Пирĕн Коммунистсен партийĕ пек хăватлă та авторитетлă парти тĕнчере пулман.

Пирĕн парти вăйĕпе никам çĕнтерейми кăвачĕ—ĕççыннисен анлă массисемпе уйрăлми тачă çыхăнса тăнинче тата вăл чăннипех халăх партийĕ пулнинче. Пирĕн Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн, коммунизмла общество тăвассишĕн кĕрешсе, Ленин—Сталин партийĕ халăхпа тата ытларах тăванланчĕ, ĕççыннисен аслă массисемпе тачă çыхăнса тăрассине вăйлатрĕ.

Пирĕн аслă та питĕ юратнă çулпуçăмăр Сталин юлташ вилнĕ пирки пулнă курлăхлă кунсенче Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн никам аркатайми пĕрлĕхĕ çĕнĕ вăйпа палăрчĕ. Хурлăхлă кунсенче рабочи класс, колхоз хресченĕсем тата пирĕн интеллигенци Ленин—Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçрĕç. Пирĕн Коммунистсен партийĕ, унăн хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕ, вăл ĕççыннисен массисемпе ним уйрăлми тачă çыхăнса тăни совет халăхĕн хăватлă, никам аркатайми тата шанчăклă тĕрекĕ пулни çак кунсенче уйрăмах хытă палăрчĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ парти организацийĕсене çапла хушрĕ: пирĕн партин вăйĕ тата никам çĕнтерейменлĕхĕ вăл—парти халăхпа тăванла, ним уйрăлми тачă çыхăнса тăнинче пулнине асра тытса, массăсемпе çыхăнса тăрассине куллен çирĕплетсе пымалла. XIX-мĕш съезд çирĕплетнĕ Устав коммунистсене ĕççыннисен ыйтăвĕсемпе вĕсене мĕн кирлине вăхăтра туса пама, партире тăман массăсене парти политикипе решенийĕсен тĕп шухăшне ăнлантарса пама хушать.

«Тĕрĕс ертсе пырас тени,—вĕрентнĕ Аслă Сталин,—вăл çакна пĕлтерет:

пĕрремĕшĕнчен, ыйтăвăн тĕрĕс решенине тупмалла, анчах эпир ертсе пынин результачĕсене хăйсен çурăмĕ çинче сăнакан массăсен опытне шута илмесĕр, тĕрĕс решени тупма май çук;

иккĕмĕшĕнчен, тĕрĕс решение пурнăçа кĕртес ĕçе организацилемелле, анчах ăна массăсем тÿрех пулăшмасăр тума çук;

виççĕмĕшĕнчен, çав решение пурнăçа кĕртсе пынине тĕрĕслес ĕçе организацилемелле, ăна та массăсем тÿрех пулăшмасăр тума çук».

Хальхи вăхăтра, пирĕн çĕршывра коммунизм строительствин пысăк программине пурнăçланă чухне, вырăнти парторганизацисем умне тата ытларах ответлă задачăсем тухса тăраççĕ.

Массăсемпе тачă çыхăнса тăни, вĕсене пĕтĕçтерсе ертсе пыма пĕлни—руководствăна тĕрĕс йĕркелеме питех те кирлĕ условие. Партилĕ ĕç вăл çынсемпе ĕçлемеллине пĕлтерет. Массăсемпе куллен тачă çыхăнса тăни, вĕсен сассине тимлĕн итлени, вĕсен опытне шута илни парти организацийĕсене ĕçри çитменлĕхсене вăхăтра палăртса çийĕнчех пĕтерме, çĕннине, малта пыраканнине асăрхаса илсе сарма май парать. Ертсе пырас тени вăл—массăсене ĕçе хутшăнтарассине, вĕсене организацилессине пĕлтерет.

Парти работникĕ яланах масса хушшинче пулма, коммунистсемпе тата партире тăманнисемпе канашлама, вĕсене партипе правительство решенийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешĕве мобилизацилеме тивĕç. Калас пулать, партин хăшпĕр комитечĕсенче ĕçлекенсем çак тивĕçе манаçа хăварса, ытларах канцелярисенче ларма юратаççĕ, массăсемпе çителĕксĕр çыхăнса ĕçлеççĕ. Сăмахран, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи ертсе пыракан работниксем тата КПСС райкомĕн бюро членĕсем колхозниксен пухăвĕсенче, парти пухăвĕсенче сахал пулаççĕ, ĕççыннисене политикăлла докладсем сайра хутра кăна туса параççĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕ политикăпа хуçалăхăн чылай задачисене пурнăçлас ĕçре юлса пынин пĕр сăлтавĕ—район руководителĕсем колхозсемпе предприятисенче ĕçсем мĕнле пулса пынине тĕплĕн пĕлменнинче тата актив çине таянса ĕçлеменнинче пулать те ĕнтĕ.

Массăсем хушшинче политикăллă ĕç туса пырасси партин кашни работникĕпе кашни коммунистăн обязанноçĕ пулать. Коммунист массăллă-политикăллă ĕçе активлăн хутшăнма, массăсем мĕн каланине тимлĕн итлеме, аялтан тухакан критикăна тĕплĕн шута илме тивĕç. Çакă вара çитменлĕхсене пĕтерес тата ĕççыннисен çĕнĕвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма май памалла.

Ĕççыннисен анлă сийĕсемпе тачă çыхăнса тăрассине вăйлатас, партире тăман актива воспитани парас, массăсене партипе правительство решенийĕсене пурнăçлама мобилизацилес ĕçсенче партин уçă пухăвĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Партин уçă пухăвĕсене сайра хутра кăна ирттерекен парторганизацисем тĕрĕс мар тăваççĕ. Ку ĕç Кувакино, Йĕпреç, Çĕрпÿ районĕсенчи парторганизацисенче çителĕксĕр пулса пынине палăртмалла.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен хăйсен кулленхи ĕçĕсене профсоюз, комсомол организацийĕсем çине, вырăнти Советсен активĕ çине таянса туса пымалла. Решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе парти массисемпе партире тăманнисене хутшăнтарсан кăна пирĕн организацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерме, партипе правительство решенийĕсене тивĕçлĕн те тĕрĕс пурнăçласа пыма пулать.

Парти организацийĕсен партире тăман массăсемпе çыхăнса тăрассине куллен вăйлатса пымалла. Партире тăман массăсем парторганизацисене тăтăшах пулăшса пыччăр. Çакна тума мĕн кирлĕ-ха? «Çакна валли,—тесе вĕрентет Сталин юлташ, — партире тăракан çынсем партире тăман çынсенчен картланса тăманни, партире тăракан çынсем хăйсен партиллĕ хупăлчи ăшне хупăнса ларманни, вĕсем хăйсем партире тănипе мăнкăмăлланманни кирлĕ, партире тăман çынсен сассине итлени, вĕсем партире тăман çынсене вĕрентни кăна мар, тата вĕсенчен вĕренни те кирлĕ».

Ленин—Сталин партийĕ совет çыннисене политика тĕлĕшпе тимлĕ те сыхă пулма, тăтăшах малалла каяссишĕн тăрăшма, çитменлĕхсемпе ним килĕшми пулма воспитани парать. Пирĕн парти политики çинчен массăсене ăнлантарса парасси, ĕççыннисен творчествăллă активлăхне ÿстерсе пырасси, самокритикăна тата уйрăмах аялтан килекен критикăна вăйлатасси парти организацийĕсен тивĕçĕ пулать.

Парти организацийĕсем туса пыракан политикăллă ĕç совет çыннисен политикăпа ĕçри активлăхне ÿстермелли, сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн тата ирттерсе пурнăçлассишĕн пыракан социализмла ăмăртура массăсен творчествăлла пуçарулăхне вăйлатмалли тĕп май пулать.

Пирĕн Тăван çĕршыв хăйĕн вăйĕсем хăватлăн чечекленнĕ вăхăтра пурăнать. Вăл партипе совет халăхĕ пĕрлĕхлĕ пулнă никĕс çинче коммунизм тăвас ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсем патне пырать. Массăсемпе çыхăнса тăраççине пур майсемпе те анлăлатса тата çирĕплетсе, ертсе пырас ĕçе лайăхлатса, парти организацийĕсем коммунизм строительствин пур участокĕсенче те çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешĕççĕ.

## Куçса çÿрекен хĕрлĕ ялав илнĕ

Шупашкар станцийĕн транспорт кантурĕнче ĕçлекенсем груз турттармалли плана кашни уйăхрах ирттерсе тултараççĕ.

Февраль уйăхĕнче çак коллектив груз тиесе ямалли задание 109 процент, йышăнмалли задание 140 процент тултарса пысăк çитĕнÿ тунă.

Çак кунсенче Хусан чугун çулĕн управленийĕпе политотделĕ тата профсоюзăн вырăнти комитечĕ транспорт кантурĕсен февраль уйăхĕнчи социализмла ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухнă. Ăмăртура Шупашкар станцийĕн транспорт кантурĕ (начальникĕ Андреичев юлташ) пĕрремĕш вырăна тухнине палăртнă, çак коллектива куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав памалла тунă.

Транспорт кантурĕн коллективĕ халĕ ĕç тухăçлăхне татах ÿстернĕ. Мартăн 24-мĕшĕнче 1953 çулхи пĕрремĕш квартал планне тултарнă.

# СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

## Вăйлă тырпулшăн

СТАВРОПОЛЬ, мартăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Ставрополь крайĕнчи 38 районти колхозсем çуракине тытăннă. Пуян техникăна усă курса, 7 районти колхозсем ир акакан пучахлă тырăсене акса пĕтернĕ. Архангельск районĕнчи колхозсем, ир акакан пучахлă тырăсене акса пĕтернипе пĕрлех, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана виçĕ хута яхăн ирттерсе тултарнă.

Кăçал крайри колхозсем пур ĕçсене те пĕр вăхăтрах туса пыма ĕлкĕреççĕ. Колхозсемпе МТС-сем, пучахлă тырăсемпе хĕвелçаврăнăш акнă вăхăтрах, кĕрхи тырăсен калчисене сÿрелеççĕ, çĕртме тăваççĕ, вăрман тăрăхĕсем тума йываççем лартаççĕ.

Ставрополь крайĕнчи ялхуçалăх работникĕсен социализмла ăмăртăвне Либкнехт районĕ пуçарса янă. Малта пыракан районти ялхуçалăх работникĕсем чĕнсе каланине йышăнса, крайри мĕнпур ялхуçалăх работникĕсем вăйлă тырпул туса илме обязательство йышăннă.

## Металлургсен пурнăçне лайăхлатма

Мускаври металлурги завочĕсенчи — «Серп и молот», «Пролетарский труд», трубасем тăвакан тата ытти заводсенчи профсоюз комитечĕсем профсоюзсен санаторийĕсемпе канмалли çурчĕсене рабочисен малтанхи ушкăнĕсене янă. Çулталăк иртиччен профсоюз санаторийĕсемпе канмалли çурчĕсенче столицăри металлурги промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем 5.000 çын пулаççĕ Путевкăсене укçасăр е йÿнĕ хакпа параççĕ. Çакна валли государствăн социальнăй страховани фондĕнчен 2,2 миллион тенкĕ уйăрса панă.

Металлурги промышленноçĕнчи рабочисен Мускав область комитечĕн бюджечĕ пĕлтĕрхинчен чылай пысăкрах, вăл 50 миллион тенке яхăн шутланать. Çак укçапа металлургсен пурнăçне малалла лайăхлатма усă кураççĕ. «Электросталь» заводра çĕрлехи санатори уçнă, унта рабочисем производствăран уйрăлмасăр сывалаççĕ.

Профсоюзсем металлургсен ачисемшĕн куллен-кун тăрăшаççĕ. Мускав çывăхĕнчи илемлĕ вырăнсенче пионерсем валли 20 лагерь организациленĕ. Ачасен спорт шкулĕсене тытса тăма социальнăй страховани бюджетĕнчен çĕршер пин тенкĕ уйăрса панă.

Чиртен сывалнă вăхăтра лайăх апат çимелле тума, клубсемпе культура аваоцĕсем валли мĕн кирлине туянма, туристсен базисене тата альпинистсен лагерĕсене кайма путевкăсем пама укçа чылай уйăрнă. (ТАСС).

## Хуласемпе ялсенче суту-илÿ вăйланса пырать

ТБИЛИСИ. Хула варринче «Грузодежда» ятлă суту-илÿ пĕрлешĕвĕ уçнă магазин ĕçлеме пуçланă. Магазинта çĕлен тумтир тата пуçа тăхăнмаллисем сутаççĕ. Юлашки пилĕк кун хушшинче Тбилисире, Рустави, Поти, Гори тата ытти хуласенче 10 магазин уçнă.

«Грузодежда» тата «Грузобувь» пĕрлешĕвĕсем иртнĕ çултанпа ĕçлеççĕ. Халĕ ĕнтĕ вĕсен 30 магазин пур, вĕсене республикăри хуласенче уçнă. Çулталăк иртиччен суту-илÿ организацийĕсем тата 55 магазин уçаççĕ.

Суту-илÿ çурчĕсене лайăхлатма тата юсама укçа-тенкĕ нумай уйăрса параççĕ.

ТОМСК. Район центрĕ пулса тăракан Кривошеино ялĕнче культура таварĕсем сутмалли магазин тума тытăннă. Пышкино-Троицкое ялĕнче универсальнăй магазин çурчĕ тăваççĕ. Юлашки вăхăтра облаçри инçетри вырăнсенче 35 суту-илÿ предприятийĕ уçнă. Суту-илÿ çурчĕсем çĕнĕрен лартма тата киввисене юсама 8,5 миллион тенке яхăн уйăрса панă.

АСТРАХАНЬ. Каспи тинĕсĕ çинче çуркунне пулă тытма пуçланă малтанхи кунранпах вырăнтан-вырăна куçса çÿрекен лавккасем 100 ытла ĕçлеççĕ. Лавккасенче кирлĕ таварсем пурте пур. Пулă тытакансем пурăнакан вырăнсенче чайнăйсем, столовăйсем, пекарньăсем уçнă.

ГРОЗНЫЙ. Кунта сĕтел-пукан сутакан пысăк магазин уçăлнă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх пуçланнăранпа хулара 35 çĕнĕ магазин уçнă.

Колхозлă ялта пурăнакансем çулленçул тавар ытларах илеççĕ. Çураки вăхăтĕнче сутма ялти магазинсене 36 миллион тенкĕлĕх таварсем ярса панă.

(ТАСС).

## Каховкăри стройкăра

НОВАЯ КАХОВКА, мартăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Ыран Каховкăри гидроэлектростанцие тăвакансем суднăсем çÿремелли шлюз пулмалли вырăнта бетон хума пуçлаççĕ. Çак ĕçе тума Днепр çинчи аслă стройкăн пĕтĕм коллективĕ хатĕрленнĕ.

Паян котлован шлюзĕнче бетон йышăнма пĕтĕмпех хатĕрленсе çитнĕ. Шлюзăн тăваттăмĕш пайĕ пулмалли вырăнта бульдозеристсем Валентин Нечаевпа Константин Кечеджи икĕ пин кубометра яхăн хăйăр сарса пирчетнĕ. Шлюз камерин тĕпĕ çак хăйăр «минтер» çинче пулать.

Стройкăри паллă машинист Андрей Маслак ĕçлекен экскаватор ĕçе тытăнма хатĕр. Экскаватор стрелине бетон тултарнă бадьясене парса тăма майлаштарнă. Бригада паян хăй ĕçлемелли механизма бетон хумалли вырăнта ĕçлесе тĕрĕслесе пăхнă. Арматура заводĕнче шлюз тĕпне хумалли арматурăна хатĕрлесе çитернĕ. Бетон заводĕнче мĕнпур механизмсене ĕçлеттерсе тĕрĕслесе пăхнă.

Каховка гидроузелĕнче бетон хума тытăнма хатĕрленсе çитнĕ.

## Квартал планне срокчен тултарнă

МАГНИТОГОРСК, мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Магнитнăй сăрт çинче ĕçлекен горняксем паян тимĕр тăпри кăлармалли кварталти задание срокчен тултарнă.

Кăçал хĕлле юр нумай çунă, час-часах çил-тăман пулнă. Çавна май горняксен ĕçĕ чылай йывăрланнă. Тимĕр тăпри кăлармалли вырăнсене тата чугун çулсене пĕрмаях тасатса тăмалла килнĕ. Горняксем, мĕнпур йывăрлăхсене ăнăçлăн çĕнтерсе, кăçалхи пĕрремĕш кварталта, иртнĕ çулхи пĕрремĕш кварталтипе танлаштарсан, тимĕр тăпри 15 процент ытларах кăларнă. Магнитогорскри тата Сталинскри домна кăмакисенче шăратма тимĕр тăпри çителĕклĕ парса тăнă.

Тимĕр тăпри чылай лайăхланнă. Çавна май кашни домна кăмаки талăкра чугун 60—70 тонна нумайрах шăратса кăларать.

Сăрт-ту управленийĕн пур цехĕсенче те тимĕр тăпри пахалăхне лайăхлатассишĕн ăмăрту саралнă.

## Ялти изобретатель

ЗЫРЯНОВСК (Хĕвелтухăç Казахстан облаçĕ), мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Партин Зыряновски райкомĕн бюровĕ Чапаевски МТС механикĕ Георгий Останин хăйĕн çĕнĕ изобретенийĕ çинчен каласа панине итленĕ. Новатор утă пухса капан тумалли агрегатăн çĕнĕ конструкцине тунă. Çак агрегата трактортан кăкараççĕ. Трактор туртса пынипе вăл утă пуçтарать, ăна транспортер тăрăх ятарласа тунă бункера тултарать. Бункер тулса çитсен ÿпĕнсе каять, вара çав вырăнта 4 метр çÿлĕш капан пулса юлать. Агрегатпа ĕçлеме икĕ рабочи тата тракторист кирлĕ. Унпа пĕр кун хушшинче 30 гектар çинчен утă пухса капан тума пулать.

Парти райкомĕн бюровĕ Чапаевски МТС руководителĕсене Останин юлташ конструкцийĕ тăрăх тумалли агрегата хăвăртрах туса пĕтерме хушнă.

*„Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн“ памалли тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен комитетра*

## Канадăри священника Джеймс Эндикотта тĕнчери Сталинла преми пани

Кăçалхи мартăн 28-мĕшĕнче Кремльте, Свердловски залра, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли тĕнчери Сталинла премие Канадăри мире хÿтĕлекенсен конгресĕн наци совечĕн председательне теологи докторне **Джеймс Г. Эндикотт** священника панă.

Совет общественноçĕн зала пухăннă представителĕсем миршĕн хăюллă кĕрешекене, Корейăри империализмла агрессие хирĕç хăватлă выступленисем тунипе, пĕтĕм тĕнчери мире хÿтĕленипе пур çĕрте те паллă пулса тăнă çынна—Джеймс Эндикотта хĕрÿллĕн саламланă.

Тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет председателĕ академик **Д. В. Скобельцын** кĕске сăмах каласа, Джеймс Эндикоттăн тава тивĕçлĕ ĕçĕсене палăртнă. Вăл Джеймс Эндикотта тĕнчери Сталинла преми лауреачĕн дипломне тата ылтăн медаль панă. Çав вăхăтра залра пулнисем пурте тăвăллăн алă çупнă.

Саламлă сăмахсем çаксем тухса каланă: мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен совет Комитетĕнчен **Н. С. Тихонов**, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен комитечĕн президиум членĕ **М. В. Сарычева**, фашизма хирĕç кĕрешекен совет çамрăкĕсен комитечĕн председателĕн заместителĕ **А. А. Славнов** тата Крутицăпа Коломна митрополичĕ **Николай**. Вĕсем лауреата хĕрÿллĕн саламланă, ырă ĕçре малашне çĕнĕ çитĕнÿсем туса пыма ырă суннă.

Унтан доктор **Джеймс Эндикотт** сăмах тухса каланă. Ăна залра пулнисем ăшшăн кĕтсе илнĕ. (ТАСС).

## Пăспа ĕçлекен турбинăсем тăвакансен çитĕнĕвĕ

Мартăн 26-мĕшĕнче Ленинградри Сталин ячĕпе тăракан металлически заводра пăспа ĕçлекен пысăк хăватлă турбина туса пĕтернĕ. Çак машинăна тунипе завод пĕрремĕш квартал планне срокчен тултарнă. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта, иртнĕ çулхи пĕрремĕш кварталтипе танлаштарсан, турбинăсем (хăватне шутласан) виçĕ хут ытларах туса кăларнă.

Завод коллективĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе апрельти планран ирттерсе тепĕр пысăк турбина туса кăларма пулнă. (ТАСС).

# Çуракине тимлĕн хатĕрленер!

## Тракторсем юсас ĕçе хăвăртлатмалла

КАНАШ. МТС коллективĕ тракторсемпе вĕсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсене мартăн 15-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерме обязательство илнĕччĕ. Анчах çакă пурнăçланаймарĕ. Тракторсемпе плугсем, сеялкăсемпе ытти машинăсем юсамалли татах чылай-ха.

Тракторсене юсама запаслă пайсем çитменни чăрмантарать. Вĕсене тупса çитерме МТС дирекцийĕ тивĕçлипе тăрăшмасть. Ĕç дисциплинине начаррине те палăртмалла. Тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсас ĕçе механизаторсене пурне те явăçтарма тăрăшман. 1—2—6-мĕш трактор бригадисенчи трактористсем тăтăшах ĕçе тухмаççĕ. МТС-ри главнăй механик Н. Павлов юлташ та ĕç дисциплинине çирĕплетессишĕн тăрăшмасть, вăл хăй те 2—3 кун хушши ĕçе тухман. Маларах асăннă бригадăсенче трактористсем çитмеççĕ.

Малтан тракторсене узловой меслетпе юсама тытăннă пулнă. Юлашки вăхăтра ăна пăрахăçа кăларнă, кивĕлле, бригадăсем тăрăх, ĕçлеме пуçланă. Трактористсем хушшинче социализмла ăмăртăва япăх организациленĕ. Вĕсем мĕн чухлĕ ĕçленине кунта кăтарту хăми çине çырса пымаççĕ.

МТС дирекцийĕ тухăçлă ĕçлеме çителĕклĕ условисем туса паман. Мастерскойĕнче те, общежитире те вĕретнĕ шыв çук. Столовăй начар ĕçлет. Трактористсем валли хаçат-журнал çителĕклĕ парса тăмаççĕ, лекцисемпе докладсем сайра хутра çеç пулаççĕ.

МТС дирекцийĕпе пуçламăш парторганизацин юсав ĕçне хăвăртлатма халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

А. АНДРЕЕВ.



**УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** Чапаевски поселокри теплицăра. Толстова юлташ хăярпа помидор калчисене йĕркелесе лартать. Теплицăра тăхçанах симĕс сухан ÿссе çитнĕ, ăна хулари магазинсене сутаççĕ.

Ф. ИВАНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Тухăçлă пахча-çимĕç

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Сталин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ çулсеренех пысăк тухăçлă пахча çимĕçĕ туса илет. Бригада пĕлтĕр выльăх кăшманĕпе хăяр вăрри нумай туса илчĕ. Вĕсене государствăна парса, колхоз 30 пин тенкĕ тупăш курчĕ.

Бригада членĕсем тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармаççĕ, ăнăçлăрах ĕçлеме ĕмĕтленеççĕ. Кăçалхи производство планĕнче пахча çимĕçĕнчен иртнĕ çулхинчен пысăкрах тупăш илме палăртнă. Бригадăри колхозниксем çуракине тĕплĕн хатĕрленеççĕ, пахча çимĕç лартмалли вырăна тислĕк кăлараççĕ, вăрлăхлăх лартма хăварнă пахча çимĕçе йăрансем çине кăларса лартма хатĕрлеççĕ.

Л. НИКОЛАЕВ.

## Социализмла ăмăртăва хутшăнчĕç

ИШЛЕЙ. Мартăн 19-мĕшĕнче МТС механизаторĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен, ялхуçалăх ĕçĕнче малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсен районти канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн, колхозсене организаципе хуçалăх енчен малалла аталантарса чечеклентерессишĕн мĕнпур вăя хурса кĕрешме пулса, канашлăва пухăннă колхозниксемпе ялхуçалăх специалисчĕсем тата механизаторсем социализмла ăмăртăва анлăн сарма йышăнчĕç.

Партипе правительство чĕнсе каланине ответлесе тата Чкаловски районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсен пуçарăвне ырласа, Ишлей районĕнчи ялхуçалăхĕнче ĕçлекен работниксем çакăн пек обязательство илчĕç:

кăçал районĕпе кашни гектартан 14,4 центнер тĕштырă, 144 центнер çĕрулми пухса илмелле;

сăвакан кашни ĕнерен 1.250 литр сĕт, кашни сурăхран 2,5 килограмм çăм, кашни чăхран 80 çăмарта илмелле, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур колхозсенче те тултармалла;

государствăна тĕштырă, пахча çимĕç тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе памалли заданисене срокчен пурнăçламалла;

кашни вăйпитти колхозник çулталăкра 250—300 ĕçкунĕнчен кая мар тумалла.

Ишлей районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем Муркаш районĕнчи колхозниксене социализмла ăмăртса ĕçлеме чĕнчĕç.

В. ЧЕРНОВ.

И. СТАЛИН

# ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем

## Л. Д. Ярошенко юлташăн йăнăшĕсем çинчен

(Малалли. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕн» 63-мĕш, 64-мĕш тата 65-мĕш номерĕсенче).

Пĕтĕмĕшпе илсен, капитализмла е социализмла производство тĕллевĕ çинчен, капитализмла е социализмла производство пăхăнса тăракан задачăсем çинчен калама пулать-и? Ман шутпа, калама пулать те, калама кирлĕ те.

Маркс çапла калать:

«Капитализмла производствăн тӳррĕмех пурнăçа кĕртмелли тĕллевĕ таварсем туса кăларасси мар, хушăнакан хаклăх, е чи пысăк услам, илесси пулса тăрать; продукт мар, хушăнакан продукт туса илесси пулать. Çак енчен пăхсан, ĕçлев хăй те капитал валли услам е хушăнакан продукт панă чух кăна тухăçлă пулать. Рабочи услам туса памасан, ун ĕçлевĕ тухăçлă пулмасть. Çапла вара, усă курнă тухăçлă ĕçлев хисепĕ ăна пула—е ăна май—хушăнакан ĕçлев хисепĕ ӳсет пулсан кăна капитала усă кӳрет; кирлĕ ĕç вăхăчĕ тесе эпир каланă вăхăт та çавăнпа çеç кирлĕ. Ĕçлев çав результата памасть пулсан, вăл кирлĕ пулмасть, ăна чарса лартас пулать.

Капитализмла производство тĕллевĕ яланах капитал сахал хывнипех чи нумай хушăнакан хаклăх е чи нумай хушăнакан продукт илессинче пулса тăрать; рабочисене ытла та нумай ĕçлеттерни çав результата памасть пулсан, капитал вăл продукта сахалрах тăкак курса тума тăрăшать,—ĕç вăйне тата тăкаксене перекетлеме тăрăшать...

Çапла ăнланнă чухне рабочисем хăйсем капитализмла производствăра чăннипе камсем пулса тăраççĕ, çавăн пĕкех курăнаççĕ, производство хатĕрĕсем пек кăна курăнаççĕ, хушăнакан хаклăх паракан тĕллев пек те, производство тĕллевĕ пек те курăнмаççĕ» («Хушăнакан хаклăх теорийĕ» ятлă кĕнекене пăхăр, II том, 2-мĕш пайĕ.)

Марксăн çак сăмахĕсем капитализмла производствăна вĕсем кĕскен те тĕрĕс кăтартса пани тĕлĕшпе кăна мар, вĕсем социализмла производство умне тăратмалли тĕп тĕллеве, тĕп задачăна палăртса пани тĕлĕшпе те çав тери паха.

Çапла ĕнтĕ, капитализмла производство тĕллевĕ—услам илесси пулать. Потребленине илес пулсан, капитализма вăл услам илес задачăна татса пама пулăшнă пирки кăна кирлĕ. Потреблени çинчен тăракан ыйту капитализмшăн урăх ниме те пĕлтермест. Çын тата ăна мĕн кирли куçран çухалаççĕ.

Социализмла производствăн тĕллевĕ мĕнле-ха, социализм вăхăтĕнче обществăлла производство пăхăнса тăма тивĕçлĕ тĕп задача мĕнле-ха?

Социализмла производствăн тĕллевĕ услам мар, çын тата ăна мĕн кирли, урăхла каласан, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтересси пулса тăрать. Социализмла производство тĕллевĕ, Сталин юлташ «Асăрхаттарнисенче» каланă пек: «пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси» пулать.

Ярошенко юлташ çакна потреблени производствăран «малта тăни» тесе шутлать. Ку, паллах, унăн ăс çитменнине кăтартать. Чăннипе пирĕн кунта сăмах потреблени малта тăни çинчен мар, социализмла производствăна унăн тĕп тĕллевне — пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырас ĕçе пăхăнтарни çинчен пырать.

Çапла ĕнтĕ, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерсе пырасси вăл—социализмла производство тĕллевĕ; чи çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче социализмла производствăна пĕрмаях ӳстерсе тата лайăхлатса пырасси вăл — тĕллеве пурнăçламалли меслет.

Çавăн пек ĕнтĕ социализмăн экономикăлла тĕп законĕ.

Производство потребленирен «малта тăни» тенскерне сыхласа хăварма тăрăшса, Ярошенко юлташ: «социализмăн экономикăлла тĕп законĕ» вăл «обществăн материальнăй тата культурăллă условийĕсене туса тăрассине пĕрмаях ӳстерсе тата лайăхлатса пырасси пулать», тет. Ку пачах та тĕрĕс мар. Сталин юлташ «Асăрхаттарнисенче» каласа панă формулăна Ярошенко юлташ ытла та пăтраштарса, пăсса пĕтерет. Унăн производство меслетрен тĕллев пулса тăрать, обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерессиі—тухса ӳкет. Производство ӳсĕмĕ производство ӳсĕмĕшĕн пулса тухать, производство хăйне хăй тĕллев пулса тăрать, çын тата ăна мĕн кирли вара Ярошенко куçĕ умĕнчен çухалать.

Çавăнпа та, тĕлĕнмелли çук, социализмла производствăн тĕллевĕ пулса тăракан этем çухалнипе пĕрлех Ярошенко юлташăн «концепцийĕнче» марксизмран юлнă юлашки шухăшсем те пĕтĕмпех çухалаççĕ.

Çапла вара, Ярошенко юлташăн производствăна потребленирен «мала тăратни» мар, буржуалла идеологие марксизмла идеологирен «мала тăратни» евĕрлĕскер пулса тухать.

3. Марксăн воспроизводство теорийĕ çинчен калакан ыйту уйрăм тăрать. Ярошенко юлташ çапла калать: Марксăн воспроизводство теорийĕ капитализмла воспроизводство теорийĕ кăна пулса тăрать, ытти обществăлла формацисемшĕн, вăл шутра социализмла обществăлла формацишĕн те, вăйра юлмалли унăн нимĕн те çук, тет. Вăл çапла калать:

«Марксăн воспроизводство схемине, капитализмла хуçалăх валли туса хатĕрленĕскерне, социализмла обществăлла производствăна куçарни Маркс вĕрентĕвне догматикла ăнланни пулать тата ун вĕрентĕвĕн тупсăмне хирĕç пырать» (Ярошенко юлташ дискусси Пленумĕнче каланă сăмаха пăхăр).

Малалла вăл çапла калать: «Марксăн воспроизводство схеми социализмла обществăн экономикăлла законĕсемпе килĕшсе тăмасть тата вăл социализмла воспроизводствăна тĕпчесе вĕренмелли никĕс пулма пултараймасть», тет (Çавăнтах пăхăр).

Марксăн ахаль воспроизводство теорине—производство хатĕрĕсем туса кăларнипе (I-мĕш уйрăм) куллен кирлĕ япаласем туса кăларни (II-мĕш уйрăм) паллă таран шайлашса тăнине кăтартса паракан теорие илсе, Ярошенко юлташ çакăн пек калать:

«Социализмла обществăра пĕрремĕшпе иккĕмĕш уйрăмсем пĕр-пĕрипе мĕнле шайлашса тăни Маркс формулинчен: пĕрремĕш уйрăм $V+M$ тата иккĕмĕш уйрăм С пулнинчен килмест. Социализм условийĕсенче пĕрремĕшпе иккĕмĕш уйрăмсен аталанăвĕнче çав нашкал çыхăну пулмалла мар», тет. (Çавăнтах пăхăр).

Вăл çапла калать: «Маркс I-мĕшпе II-мĕш уйрăмсем шайлашса тăни çинчен туса хатĕрленĕ теори пирĕн социализмла условисенче юрăхлă мар, мĕншĕн тесен Маркс теорийĕн никĕсĕ капитализмла хуçалăхпа унăн законĕсем пулса тăраççĕ», тет (Ярошенко юлташ Политбюро членĕсем патне янă çырăва пăхăр).

Çакăн пек аркатса тăкать ĕнтĕ Ярошенко юлташ Марксăн воспроизводство теорине.

Паллах, Марксăн воспроизводство теорийĕ, капитализмла производство законĕсене тĕпчесе пĕлнĕ тăрăх туса хатĕрленĕ теори, капитализмла производствăна çеç тивĕçлĕ уйрăмлăхсене палăртса тăрать тата, паллах ĕнтĕ, вăл таварлă-капитализмла хаклăх хутшăнăвĕсен формине йышăннă. Урăхла пулма та пултарайман. Анчах Марксăн воспроизводство теорийĕнче çак формăна кăна курни, унăн никĕсне асăрхаманни, капитализмла обществăлла формацишĕн кăна мар вăйра тăракан унăн тĕп содержанине асăрхаманни,—çак теорие нимĕн чухлĕ те ăнланманнине пĕлтерет. Ярошенко юлташ çак ĕçре мĕн те пулин ăнланнă пулсан, вăл çак куçа курăнса тăракан чăнлăха та ăнланса илнĕ пулĕччĕ: Марксăн воспроизводство схемисем капитализмла производствăн хăйне çеç тивĕçлĕ уйрăмлăхĕсене палăртса тăнипех чарăнса тăмаççĕ, çавăнпа пĕрлех вĕсенче воспроизводствăн чылай тĕп положенийĕсем, пур обществăлла формацисемшĕн те, вăл шутра тата уйрăмах социализмла обществăлла формацишĕн те вăйра тăракан положенисем пур. Марксăн воспроизводство теорийĕн çакнашкал тĕп положенийĕсем: обществăлла производствăна производство хатĕрĕсем туса кăларакан тата куллен кирлĕ япаласем туса кăларакан производствăсем çине пайлани çинчен калакан положени; сарăлса пыракан воспроизводство чухне производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ӳстерсе пырасси çинчен калакан положени; I-мĕшпе II-мĕш уйрăмсем пĕр-пĕрипе шайлашса тăни çинчен калакан положени; хушăнакан продукт накоплени тумалли пĕртен-пĕр çăлкуç пулса тăни çинчен калакан положени; обществăлла фондсем мĕнле пулни тата мĕн тума кирли çинчен калакан положени; накоплени туни сарăлса пыракан воспроизводствăн пĕртен-пĕр çăлкуçĕ пулса тăни çинчен калакан положени,—Марксăн воспроизводство теорийĕн çак тĕп положенийĕсем пурте капитализмла формацишĕн кăна мар вăйра тăракан положенисем пулса тăраççĕ, халăх хуçалăхне планланă чухне социализмла пĕр общество та çав положенисемпе усă курмасăр тăма пултараймасть. Уйрăмах çакна палăртмалла: Ярошенко юлташ, Марксăн «воспроизводство схеминчен» мăнаçланса кулать пулин те, социализмла воспроизводство ыйтăвĕсене сӳтсе явнă чухне хăй те ирĕксĕрех çав «схемăсемпе» час-часах усă курать.

Мĕнле пăхнă-ха çак ĕç çине Ленин, Маркс?

Бухаринăн «Куçăм тапхăрĕнчи экономика» ятлă кĕнеки пирки Ленин критиклесе асăрхаттарнисем пуриншĕн те паллă. Çав асăрхаттарусенче Ленин, паллă ĕнтĕ, I-мĕшпе II-мĕш уйрăмсем пĕр-пĕрипе шайлашса тăни çинчен калакан Маркс формулине, Ярошенко юлташ хирĕç тăракан формулăна, социализмшăн та, çавăн пекех «таса коммунизмшăн» та, урăхла каласан, коммунизмăн иккĕмĕш сыпăкĕшĕн те вăйра юлать тесе йышăннă.

Маркса илес пулсан, вăл, паллă ĕнтĕ, капитализмла производство законĕсене тĕпчесе вĕренес ĕçрен пăрăнма юратман тата хăйĕн «Капиталĕнче» унăн воспроизводство схемисемпе социализмра усă курма май пурри çинчен тăракан ыйтусене пăхса тухман. Анчах «Капиталăн» II-мĕш томĕн 20-мĕш сыпăкĕнче, «I-мĕш уйрăмăн яланхи капиталĕ» ятлă пайра, I-мĕш уйрăмăн продукчĕсене çак уйрăмра мĕнле улăштарса тăни çинчен каланă чухне, сăмах майăн тенĕ пек, Маркс çапла асăрхаттарать: çак уйрăмра продуктсен улăшăвĕ социализм вăхăтĕнче те капитализмла производство вăхăтĕнчи пек яланлăхпах пулса пымалла. Маркс çакăн пек калать:

«Производство капитализмла мар, обществăлла пулнă пулсан, вара паллах, воспроизводство пултăр тесе, I-мĕш уйрăмри продуктсене капитализм вăхăтĕнчинчен кая мар яланлăхпах çав уйрăмри производство отраслĕсем тăрăх производство хатĕрĕсем пек валеçсе тăнă пулĕччĕç: пĕр пайĕ тӳрех хăй продукт пулса тухнă производствăна юлнă пулĕччĕ, тепĕр пайĕ, пачах урăхла, производствăн ытти вырăнĕсене куçнă пулĕччĕ, çапла вара çак уйрăмри производствăн тĕрлĕ вырăнĕсем хушшинче продуктсем яланах пĕр пĕрне хире-хирĕç куçса тăнă пулĕччĕç» (Маркс, «Капитал», II т., 8-мĕш изд., 307 стр. пăхăр)..

Çапла ĕнтĕ, Маркс, капитализмла производство законĕсене тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе ĕçленĕ пулин те, хăйĕн воспроизводство теорийĕ капитализмла производствăшăн кăна вăйра тăрать тесе пĕртте шутламан. Пачах урăхла, вăл, курăнать ĕнтĕ, хăйĕн воспроизводство теорийĕ социализмла производствăшăн та вăйра тăма пултарнине асра тытнă.

Çакна палăртмалла: Маркс «Готски программăна критиклени» ятлă кĕнекере социализм экономикипе коммунизма куçнă тапхăрти экономикăна тĕпченĕ чухне те хăйĕн воспроизводство теорийĕн тĕп положенийĕсене асра тытать, вăл вĕсене коммунизмла стройшăн та обязательнă тесе шутланă пулмалла.

Çавнашкалах çакна та палăртмалла: Энгельс хăйĕн «Анти-Дюринг» ятлă кĕнекинче, Дюрингăн «социалитарнăй системине» критикленĕ тата социализмла стройăн экономикине хакланă чухне, çавăн пекех Марксăн воспроизводство теорийĕн тĕп положенийĕсене асра тытать, вĕсене коммунизмла стройшăн обязательнă тесе шутлать.

Çавăн пек ĕнтĕ фактсем.

Çапла ĕнтĕ кунта та, воспроизводство çинчен тăракан ыйтура та, Ярошенко юлташ, Маркс «схемисене» нимĕн именме пĕлмесĕр хурлать пулин те, каллех лакса ларчĕ.

4. Политбюро членĕсем патне янă хăйĕн çырăвĕн вĕçĕнче Ярошенко юлташ хăйне «Социализмăн политикăлла экономине» çырса хатĕрлес ĕçе хушма сĕнӳ парать. Вăл çапла çырать:

«Пленум заседанийĕнче, секцийĕнче тата çак çырура социализмăн политикăлла экономи науки тĕпчекен ыйтусене хам палăртса панă тăрăх, марксизмла диалектикăлла меслетпе усă курса, эпĕ çулталăк хушшинче, çулталăк çурăран, кая хăвармасăр, икĕ çын пулăшнипе, социализмăн политикăлла экономин тĕп ыйтăвĕсене теори тĕлĕшĕнчен татса пама, социализмăн политикăлла экономин марксистла, ленинла-сталинла теорине, çак наукăна халăхăн коммунизмшăн кĕрешмелли хăватлă хĕçпăшалĕ туса хуракан теорие туса хатĕрлеме пултаратăп».

Ярошенко юлташа ытла именсех тăракан çын теме çук. Унтан та ытларах, хăшпĕр литераторсен стилĕпе усă курса, çапла калама та пулать: «пачах та урăхла».

Ярошенко юлташ социализмăн политикăлла экономипе ертсе пыракан органсен хуçалăх политикине пăтраштарать тесе çӳлтерехре каланăччĕ ĕнтĕ. Вăл социализмăн политикăлла экономийĕ тĕпчекен ыйтусем тесе шутлани—производительнăй вăйсене пĕлсе организацилени, халăх хуçалăхне планлани, обществăлла фондсем туни тата ытти те—социализмăн политикăлла экономийĕ тĕпчекен ыйтусем мар, ертсе пыракан органсен хуçалăх политикин ыйтăвĕсем пулса тăраççĕ.

Ярошенко юлташ тунă пысăк йăнăшсенчен тата унăн марксизмла мар «шухăшĕсенчен» Ярошенко юлташа çавăн пек ĕç хушма май çукки курăнса тăни çинчен эпĕ каламастăп та ĕнтĕ.

* * *

Выводсем:

1) Ярошенко юлташ дискуссие ертсе пыракансем пирки ӳпкелешни вырăнлă мар, мĕншĕн тесен дискуссие ертсе пыракансем, марксистсем пулса, хăйсен пĕтĕçтерекен документчĕсенче Ярошенко юлташăн марксизмла мар «шухăшĕсене» палăртса хăварма пултарайман;

2) Ярошенко юлташ хăйне Социализмăн политикăлла экономине çырас ĕçе хушма ыйтнине чăнласах йышăнма çук, мĕншĕн тесен унтан хлестаковла сăмалттайлăх курăнса тăрать.

**И. СТАЛИН.**

1952 ç. майăн 22-мĕшĕ.

## А. В. Санина тата В. Г. Венжер юлташсене панă ответ

Эпĕ сирĕн çырăвăрсене илтĕм. Çак çырусен авторĕсем пирĕн çĕршыв экономикин проблемисене тарăн та тĕплĕ вĕренни курăнать. Çырусенче тĕрĕс формулировкăсемпе интереслă шухăшсем сахал мар. Анчах та çакăнпа пĕрлех унта хăшпĕр теориллĕ пысăк йăнăшсем те пур. Çак ответра эпĕ шăпах та çав йăнăшсем çинче чарăнса тăма шухăшлатăп.

### 1. Социализмăн экономика законĕсен характерĕ çинчен тăракан ыйту.

Санина тата Венжер юлташсем: «материальнăй производствăра ĕçлесе тăракан совет çыннисен ăнланулллă ĕçне пула кăна социализмăн экономикăлла законĕсем пуçланса каяççĕ», тесе калаççĕ. Çапла калани пачах тĕрĕс мар.

Экономикăлла аталанăвăн пирĕн тулашра тăракан, çынсен ирĕкĕпе ăс-тăнĕнчен килмен объективлă закономерноçсем пур-и? Марксизм ку ыйту çине пур тесе ответ парать. Социализмăн политикăлла экономийĕн законĕсене пирĕн тулашри объективлă закономерноçсем çынсен пуçĕсенче палăрса тăни, тесе шутлать марксизм. Анчах та Санинăпа Венжер юлташсен формули çак ыйту çине хирĕçле ответ парать. Ку акă мĕне пĕлтерет: çак юлташсем социализм вăхăтĕнче экономикăлла аталанăвăн законĕсене обществăн ертсе пыракан органĕсем «туса хатĕрлеççĕ», «урăхлатса çĕнетеççĕ» текен тĕрĕс мар теори енне тăраççĕ. Урăхла каласан, вĕсем марксизмран пăрăнса каяççĕ, субъективлă идеализм çулĕ çине тăраççĕ.

Паллах, çынсем çак объективлă закономерноçсене тĕпчесе тупма, вĕсене тĕпчесе пĕлме тата, вĕсем çине таянса, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма пултараççĕ. Анчах та çынсем вĕсене «туса хатĕрлеме» те, «урăхлатса çĕнетме» те пултараймаççĕ.

Калăпăр, эпир социализм вăхăтĕнче экономикăлла пурнăçра объективлă закономерноçсем пуррине йышăнман тата экономикăлла законсем «туса хатĕрлеме», экономикăлла законсене «урăхлатса çĕнетме» пулать текен тĕрĕс мар теори енне пĕр минутлăха тăнă, тейĕпĕр. Çакă вăл мĕн патне илсе пынă пулĕччĕ-ха? Вăл акă мĕн патне илсе пынă пулĕччĕ: эпир йĕркесĕрлĕхпе ăнсăртлăхсен тĕнчине лекнĕ пулăттăмăр, эпир çак ăнсăртлăхсене чуралла пăхăнса тăнă пулăттăмăр, эпир çак ăнсăртлăхсен йĕркесĕр купине ăнланма мар, тĕпне-йĕрне те тупма пултарайман пулăттăмăр.

Вăл акă мĕн патне илсе пынă пулĕччĕ: эпир политикăлла экономи наука пулса тăнине пĕтерсе хунă пулăттăмăр, мĕншĕн тесен наука объективлă закономерноçсене йышăнмасăр, çав закономерноçсене вĕренмесĕр пурăнма та, аталанма та пултараймасть. Наукăна пĕтерсе хурса, эпир çĕршывăн экономикăлла пурнăçĕнче ĕçсем мĕнле пулса пырассине малтанах курса тăма пултарайман пулăттăмăр, урăхла каласан, эпир экономикăна ертсе пырас тĕлĕшпе чи çăмăл ĕçсене те йĕркелесе яма пултарайман пулăттăмăр.

Юлашкинчен эпир «экономикăлла» авантюристсен, экономикăлла аталану законĕсене «пĕтерсе хума», объективлă закономерноçсене ăнланмасăр тата шута илмесĕр çĕнĕ законсем «туса хума» хатĕр тăракан авантюристсен аллине лекнĕ пулăттăмăр.

Çак ыйту тĕлĕшпе, марксистсен шухăшне палăртса, Энгельс хăйĕн «Анти-Дюринг» ятлă кĕнекинче панă классикла формулировка пуриншĕн те паллă:

«Обществăллă вăйсем, çутçанталăк вăйĕсем пекех, эпир вĕсене пĕлмен чухне тата эпир вĕсене шута илмен чухне, ирĕксĕрлесе, ишĕлтерсе, суккăррăн ĕçлесе тăраççĕ. Анчах эпир вĕсене тĕпчесе пĕлтĕмĕр пулсан, вĕсен ĕçне, вĕсем ăçталла каяссине, вĕсен влиянине вĕренсе пĕлтĕмĕр пулсан, вĕсене ытларах та ытларах хамăр ирĕке пăхăнтарасси, вĕсем пулăшнипе хамăр тĕллевсем патне çитесси хамăртан кăна килет. Çакна уйрăмах кучухнехи хăватлă производительнăй вăйсем çинчен калас пулать. Эпир вĕсен тупсăмĕпе характерне ăнланса илес тесе пачах та тăрăшман чухне,—çакăн пек ăнланса илессине производствăн капитализмла меслечĕпе ăна хӳтĕлекенсем хирĕç тăраççĕ,—производительнăй вăйсем пирĕншĕн мар, пире хирĕç ĕçлесе тăраççĕ, вĕсем, çӳлтерехре тĕплĕн кăтартса панă пек, пире хăйсене пăхăнтарса тăраççĕ. Анчах вĕсен тупсăмне ăнланса илнĕ пулсан, вĕсем пĕрлешнĕ производительсен аллинче пăхăнтарса тăракан асамлă пуçлăхран пăхăнса тăракан тарçăсем пулса тăраççĕ. Çакăн уйрăмлăхĕ аслати çиçĕмĕнчи электричествăн аркатуллă вăйĕпе телеграф аппаратĕнчи тата электричество лампинчи пăхăнтарнă электричество хушшинчи уйрăмлăх пекех, этеме пăхăнса тăракан вут-çулăмпа пушар хушшинчи уйрăмлăх пекех. Кучухнехи производительнăй вăйсене, юлашкинчен, вĕсен тупсăмне ăнланса илнĕ тăрăх тыткалама пуçласан, производствăри обществăллă анархи вырăнне производствăна обществăлла-планла йĕркепе туса пырасси тухса тăрать, вăл пĕтĕм обществăн тата унăн кашни членĕн ыйтăвне тивĕçтерес ĕçе туса пырĕ. Ун чухне вара продуктсене йышăнса илмелли капитализмла йĕрке вырăнне, — продукт малтан производителе, унтан вара продукта йышăнса илекене те чуралантарнă чухнехи йĕрке вырăнне,—продуктсене йышăнса илмелли çĕнĕ йĕрке тухса тăрĕ, çак йĕрке хальхи вăхăтри производство хатĕрĕсен тупсăмĕпе килĕшсе тăрĕ: пĕр енчен—производствăна туса пыма тата ăна аслăлатса пыма кирлĕ хатĕрсем пулакан продуктсене общество тӳрех йышăнса илĕ, тепĕр енчен—пурăнма тата ырлăх курма кирлĕ продуктсене уйрăм çынсем тӳрех йышăнса илĕç».

### 2. Колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклемелли мерăсем çинчен тăракан ыйту.

Колхозла харпăрлăха, пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ пулса тăман харпăрлăха, пĕтĕм халăх («наци») харпăрлăхĕн шайне çити çĕклеме мĕнле ĕçсем туса ирттермелле-ха?

Хăшпĕр юлташсем çапла шухăшлаççĕ: хăй вăхăтĕнче капитализмла харпăрлăха национализациленĕ пек, колхозла харпăрлăха национализацилемелле кăна, ăна пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ тесе пĕлтермелле кăна, теççĕ. Çак сĕнӳ пачах тĕрĕс мар, ăна нимпе те йышăнма çук. Колхозла харпăрлăх вăл—социализмла харпăрлăх, çавăнпа та эпир ун çине нимпе те капитализмла харпăрлăх çине пăхнă пек пăхма пултараймастпăр. Колхозла харпăрлăх пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ пулманни колхозла харпăрлăх социализмла харпăрлăх пулманнине пачах та пĕлтермест.

Çак юлташсем: уйрăм çынсен тата ушкăнсен харпăрлăхне государство харпăрлăхĕ туса хуни национализацин пĕртен-пĕр форми е, кирек мĕнле пулсан та, чи лайăх форми пулса тăрать, тесе шутлаççĕ. Ку вăл тĕрĕс мар. Тĕрĕссипе илсен, государство харпăрлăхĕ туса хуни вăл национализацин пĕртен-пĕр форми мар, тата чи лайăх форми те мар, вăл, кун çинчен Энгельс «Анти-Дюрингра» тĕрĕс каланă пек, национализацин пуçламăш форми пулса тăрать. Сăмах та çук, государство пур чухне государство харпăрлăхĕ туса хуни национализацин туринчен те ытларах ăнланмалла пуçламăш форми пулса тăрать. Анчах государство ĕмĕр-ĕмĕрех мар пулать. Социализм тĕнчери çĕршывсен пысăк пайне сарăлнă хыççăн государство пĕтсе пырĕ, паллах, çакна май уйрăм çынсен тата ушкăнсен пурлăхне государство харпăрлăхĕ туса хурас ыйту пăрахăçа тухĕ. Государство пĕтет, анчах общество юлать. Çапла ĕнтĕ, пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн хуçи пĕтсе ларакан государство мар, общество хăй, унăн центрти ертсе пыракан экономикăлла органĕ пулса тăрать.

Апла пулсан, колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклеме мĕн тумалла-ха?

Колхозла харпăрлăха çакăн пек çĕклемелли тĕп ĕç вырăнне Санинăпа Венжер юлташсем çакна сĕнеççĕ: машина-трактор станцийĕсенче пĕтĕçсе тăракан производствăн тĕп орудийĕсене колхозсене сутса вĕсен харпăрлăхĕ тумалла, çапла вара государствăна капитальнăй ĕçсем валли ялхуçалăхне укçа-тенкĕ хывассинчен хăтарса пымалла, машина-трактор станцийĕсене тытса тăрассишĕн тата аталантарассишĕн колхозсем хăйсем ответлă пулмалла, теççĕ. Вĕсем çапла калаççĕ:

«Колхозсем хывакан укçа-тенкĕ пуринчен ытла колхозлă ялăн культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерме каймалла, ялхуçалăх производствин ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ укçа-тенкĕн пысăк пайне ĕлĕкхи пекех государствăн парса тăмалла пулать, тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Государствăна çак тăкаксенчен хăтарни тĕрĕсрех пулмĕ-ши, мĕншĕн тесен ку тăкаксене колхозсем пĕтĕмпех хăйсем çине илме пултараççĕ. Государствăн çĕршывра куллен кирлĕ япаласем ытлашшипех пулмалла тăвас тĕллевпе хăйĕн укçи-тенкине хывмалли ĕçсем сахал мар тупăнĕç».

Çак сĕнĕве çирĕплетсе пама сĕнӳ авторĕсем темиçе сăлтав кăларса тăратаççĕ.

Пĕрремĕшĕнчен. Производство хатĕрĕсене колхозсене те сутмаççĕ, тесе Сталин каланă сăмахсем çине кăтартса парса, сĕнӳ авторĕсем Сталинăн çак положенийĕ пирки иккĕленсе тăраççĕ, государство çапах та колхозсене производство хатĕрĕсем—вак инвентарь, сăмахран, çавасемпе çурласем, пĕчĕк двигательсем тата ыттине те сутать, теççĕ. Государство колхозсене çак производство хатĕрĕсене сутать пулсан, вăл вĕсене МТС машинисем йышши ытти производство хатĕрĕсене те сутма пултарать, тесе шутлаççĕ вĕсем.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# И. СТАЛИН

# ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем

## *А. В. Санина тата В. Г. Венжер юлташсене панă ответ*

(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Çак сăлтава вырăнлă теме çук. Паллах, государство колхозсене вак инвентарь сутать, çакăн пек тума ялхуçалăх артелĕн Уставĕпе Конституци те ирĕк параççĕ. Анчах вак инвентаре ялхуçалăхĕнче производствăн тĕп хатĕрĕсем пулса тăракан МТС машинисемпе е, калăпăр, ялхуçалăхĕнче çавăн пекех производствăн тĕп хатĕрĕ пулса тăракан çĕрпе пĕр карта лартма юрать-и вара? Паллах, юрамасть. Юрамасть, мĕншĕн тесен вак инвентарь колхоз производствин кун-çулне нимĕн чухлĕ те татса пама пултараймасть, çав вăхăтрах МТС машинисемпе çĕр пек производство хатĕрĕсем пирĕн хальхи условисенче ялхуçалăх кун-çулне пĕтĕмпех татса параççĕ.

Ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ, производство хатĕрĕсене колхозсене сутмаççĕ тесе каланă чухне Сталин вак инвентарьсене мар, ялхуçалăх производствин тĕп хатĕрĕсене: МТС машинисене, çĕре асра тытнă. Авторсем «производство хатĕрĕсем» текен сăмахсемпе выляççĕ, икĕ тĕрлĕ япалана пĕр-пĕринпе пăтраштараççĕ, хăйсем айванлăха лекнине те асăрхамаççĕ.

Иккĕмĕшĕнчен. Санина тата Венжер юлташсем, малалла, массăллă колхоз юхăмĕ пуçланнă тапхăрта—1929 çул вĕçĕнче тата 1930 çул пуçламăшĕнче—ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ хăй те машина-трактор станцийĕсене колхозсен харпăрлăхне парасшăн пулнă, машина-трактор станцийĕсен хакне виçĕ çул хушшинче тӳлесе татма сĕннĕ, теççĕ. Ун чухне колхозсем «чухăн пулнă» пирки ку ĕç путланса ларчĕ пулин те, халĕ, колхозсем пуянланнă хыççăн, çак политика патне—МТС-сене колхозсен аллине сутас политика патне каялла таврăнма пулĕччĕ, тесе шутлаççĕ вĕсем.

Ку сăлтава та вырăнлă теме çук. ВКП(б) Центральнăй Комитетĕнче чăнах та 1930 çул пуçламăшĕнче МТС-сене колхозсен аллине сутасси çинчен решени йышăннă пулнă. Çак решение ударник-колхозниксен пĕр ушкăнĕ сĕннĕ тăрăх опыт вырăнне, тĕрĕслесе пăхас тесе йышăннă, сывăх вăхăтсенчех ку ыйту патне каялла таврăнса, ăна çĕнĕрен пăхса тухма йышăннă. Анчах малтанхи тĕрĕслевех çак решени вырăнсăр пулнине кăтартрĕ, вара темиçе уйăхранах, шăпах та 1930 çул вĕçĕнче, çак решение пăрахăçа кăларнă.

Ялхуçалăх производствин тĕп орудийĕсене государство аллинче, машина-трактор станцисен аллинче пĕтĕçтерсе тăни колхоз производствине пысăк хăвăртлăхсемпе ӳстерсе пыма пулăшакан пĕртен-пĕр май пулса тăнине колхоз юхăмĕ малалла ӳссе пыни тата колхоз строительстви аталанни колхозниксене те, ертсе пыракан работниксене те татăклăнах ĕнентерсе пачĕ.

Эпир пурте пирĕн çĕршывра ялхуçалăх производстви питĕ пысăк ӳсĕм тунишĕн, тырпул туса илесси ӳснишĕн, çĕр мамăкĕ, йĕтĕн, сахăр кăшманĕ тата ыттисем туса илесси ӳснишĕн хĕпĕртесе савăнатпăр. Çак ӳсĕмĕн çăлкуçĕ мĕнре? Çак ӳсĕмĕн çăлкуçĕ кучухнехи техникăра, производствăн çак мĕнпур отраслĕсенче ĕçлекен кучухнехи нумай йышлă машинăсенче. Кунта ĕç техникăра хăйĕнче кăна мар, ĕç акă мĕнре: техника пĕр вырăнта тăма пултараймасть, унăн пĕрмай лайăхланса пымалла, кивĕ техникăна ĕçрен кăларса, çĕнĕ техникăпа, çĕннине вара çĕнĕрен те çĕнĕ техникăпа улăштарса пымалла. Унсăрăн пирĕн социализмла çĕрĕçĕ малалла аталанса пыма пултараймасть, пысăк тухăçлă тырпул туса илесси те, ялхуçалăх продукчĕсем ытлашшипех туса илесси те пулма пултараймасть. Анчах урапаллă çĕршер пин трактора ĕçрен кăларса вĕсене гусеничнăй тракторсемпе улăштарас, кивелнĕ вуншар пин комбайнсене çĕнĕ комбайнсемпе улăштарас тени, çĕнĕ машинăсем, калăпăр, техникăллă культурăсем валли çĕнĕ машинăсем тăвас тени мĕне пĕлтерет-ха? Ку вăл миллиардшар тенкĕлĕх расход тăвас тенине пĕлтерет, çак расход хакне 6—8 çултан тин тавăрма пулать. Пирĕн колхозсем, вĕсем миллионерсем пулаççĕ пулсан та, çак расходсене тӳсме пултараççĕ-и? Çук, пултараймаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем 6—8 çултан тин хакне тавăрма пултаракан миллиардшар расходсене хăйсем çине илме пултараймаççĕ. Çак расходсене государство кăна хăй çине илме пултарать, мĕншĕн тесен вăл, пĕр вăл кăна кивĕ машинăсене улăштарнă пирки пулакан тăкаксене хăй çине илме пултарать, мĕншĕн тесен вăл, пĕр вăл кăна çак расходсене 6—8 çул хушши тӳсме, çак срок иртнĕ хыççăн çав расходсен хакне каялла тавăрма пултарать.

Çакăн хыççăн МТС-сене сутса, колхозсен харпăрлăхĕ туса хума ыйтни мĕне пĕлтерет-ха? Çакă вăл колхозсене пысăк парăма кĕртсе ӳкересси, вĕсене юхăнтарасси, ялхуçалăхне механизацилессине хавшатасси, колхоз производствин хăвăртлăхĕсене чакарасси патне илсе пырать.

Çакăнтан акă мĕнле вывод тухса тăрать: Санинăпа Венжер юлташсем МТС-сене сутса, колхозсен харпăрлăхĕ туса хума сĕнсе, каялла каяççĕ, каюлнăлăх еннелле утăм тăваççĕ, истори кустăрмине каялла çавăрма хăтланаççĕ.

Калăпăр, минутлăха та пулин эпир Санинăпа Венжер юлташсен сĕнĕвне йышăннă тата производствăн тĕп орудийĕсене, машина-трактор станцийĕсене сутса колхозсен харпăрлăхĕ тума пуçланă, тейĕпĕр. Çакăнтан мĕн пулса тăнă пулĕччĕ-ха?

Кунтан, пĕррремĕшĕнчен, акă мĕн пулнă пулĕччĕ: колхозсем производствăн тĕп орудийĕсене харпăрлăхра тытакан хуçасем пулса тăнă пулĕччĕç, тепĕр майлă каласан, вĕсем пирĕн çĕршыври ытти предприятисенчен пачах урăхла вырăн йышăннă пулĕччĕç, мĕншĕн тесен, паллă ĕнтĕ, пирĕн çĕршывра национализациленĕ предприятисем те производство орудийĕсене харпăрлăхра тытакан хуçасем пулса тăмаççĕ. Колхозсем çакăн пек пачах урăхла вырăн йышăнмаллине прогресăн, малалла каяссин мĕнле шухăшĕсемпе çирĕплетсе пама пулать-ха? Çакăн пек йĕрке колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклеме пултарать, вăл пирĕн общество социализмран коммунизма куçассине хăвăртлатма пултарать, тесе калама пулать-и? Çакăн пек йĕрке вăл колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕнчен уйăрса кăна янă пулĕччĕ, вăл коммунизм патне çывхарасси патне мар, пачах урăхла, унтан уйăрăлса каясси патне илсе пынă пулĕччĕ, тесе калани тĕрĕсрех пулмасть-и?

Çакăнтан, иккĕмĕшĕнчен, акă мĕн пулнă пулĕччĕ: тавар сутса илессин анлăшĕ сарăлнă пулĕччĕ, мĕншĕн тесен ялхуçалăх производстви орудийĕсен пысăк пайĕ сутса илмелли таварсем пулса тăнă пулĕччĕç. Санинăпа Венжер юлташсем мĕнле шухăшлаççĕ-ха, тавар сутса илессин анлăшĕ сарăлни пире коммунизм патне пымашкăн пулăшма пултарать-и? Вăл эпир коммунизм патне пырассине чарса лартма çеç пултарĕччĕ, тесе калани тĕрĕсрех пулмасть-и?

Санинăпа Венжер юлташсен тĕп йăнăшĕ çакăнта пулать: вĕсем социализм вăхăтĕнче тавар сутса илнин ролĕпе пĕлтерĕшĕ мĕнле пулнине ăнланмаççĕ, тавар сутса илни социализмран коммунизма куçас малашлăхпа килĕшсе тăманнине ăнланмаççĕ. Вĕсем тавар сутса илнĕ чухне те социализмран коммунизма куçма пулать, тавар сутса илни çав ĕçе кансĕрлеме пултараймасть, тесе шухăшлаççĕ пулмалла. Çакă вăл марксизма ăнланман пирки пысăк йăнăш туни пулать.

Дюрингăн тавар сутса илнĕ условисенче ĕçлекен «хуçалăх коммунине» критиклесе, Энгельс хăйĕн «Анти-Дюрингĕнче» çакна ĕненмелле çирĕплетсе панă: тавар сутса илес йĕрке пулни Дюрингăн «хуçалăх коммунисем» тенĕскерсене пурпĕрех капитализм тепĕр хут пулса тăрасси патне илсе пымалла. Санинăпа Венжер юлташсем çакăнпа килĕшмеççĕ пулмалла. Апла пулсан, ку вĕсемшĕнех начар пулĕ. Ну, эпир вара, марксистсем, марксизмăн çак паллă положенине тĕпе хуратпăр: социализмран коммунизма куçни тата продуктсене кама мĕн чухлĕ кирлĕ тăрăх валеçмелли коммунизмла принцип кирек мĕнле тавар сутса илессине те пăрахăçа кăларать, апла пулсан, продуктсене тавар туса хурассине те, кунпа пĕрлех продуктсене хаклăх туса хурассине те пăрахăçа кăларать.

Çапла тăрать ĕç Санинăпа Венжер юлташсен сĕнĕвĕпе сăлтавĕсем тĕлĕшпе.

Колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклес тесен, çапах та, мĕн тумалла пулать-ха?

Колхоз вăл—уйрăм йышши предприяти. Колхоз пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ пулса тăракан çĕр çинче ĕçлет, çав çĕре ĕçлесе тăрать, вăл çĕр тахçантанпах колхозла харпăрлăх пулса тăмасть. Çапла ĕнтĕ, колхоз хăй ĕçлесе тăракан çĕре харпăрлăхра тытакан хуçа пулса тăмасть.

Малалла. Колхоз производствăн тĕп орудийĕсемпе, колхозла харпăрлăх мар, пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ пулса тăракан орудисемпе усă курса ĕçлет. Çапла ĕнтĕ, колхоз производствăн тĕп орудийĕсене харпăрлăхра тытакан хуçа пулса тăмасть.

Малалла. Колхоз вăл—кооперативла предприяти, вăл хăйĕн членĕсен ĕçлевĕпе усă курать, тупăшсене хăйĕн членĕсем хушшинче ĕçкунĕ тăрăх валеçет, çав вăхăтрах колхозăн хăйĕн вăрлăхĕсем пур, вĕсене çулсеренех çĕнетсе, производствăна ярса тăраççĕ.

Ыйту тухса тăрать: колхоз хăй мĕн тытса тăрать-ха, вăл пĕтĕмĕшпех ирĕклĕн, хăйне кирлĕ пек тыткалама пултармалли колхозла харпăрлăх ăçта-ха? Çакăн пек харпăрлăх вăл—колхоз продукцийĕ, колхоз производствин продукцийĕ: тырă, аш-какай, çу, пахча çимĕç, çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, йĕтĕн тата ыттисем те пулса тăраççĕ, колхозниксен кил вырăнĕнчи çурт-йĕрĕсемпе вĕсен хăйсен хуçалăхĕ çак шута кĕмест. Ĕç акă мĕнре: çак продукцин пысăк пайĕ, колхоз производствин ытлашши продукчĕсем рынока тухаççĕ, çапла вара сутса илмелли тавар пулса тăраççĕ. Шăпах çакă ĕнтĕ халлĕхе колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклеме чарса тăрать те. Çавăнпа та колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклес ĕçе шăпах çак енчен тытăнмалла та ĕнтĕ.

Колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклес тесен, колхоз производствин ытлашши продукчĕсене тавар пек сутса илес йĕркерен кăлармалла та вĕсене государство промышленноçĕпе колхозсем хушшинче продуктпа продукт улăштарса илес йĕркене кĕртмелле. Çакăнта ĕçĕн тупсăмĕ.

Пирĕн халлĕхе продуктпа продукт улăштарса илмелли анлă сарăлнă йĕрке çук-ха, анчах продуктпа продукт улăштарса илес ĕçĕн пуçламăшĕсем пур, вĕсем—ялхуçалăх продукчĕсем панăшăн «тавар парас» йĕркесем. Паллă ĕнтĕ, çĕр мамăкĕ, йĕтĕн, сахăр кăшманĕ акса тăвакан колхозсемпе ытти колхозсен продукцийĕшĕн тахçантанпах «тавар параççĕ», чăнах та, пĕтĕмĕшпех мар, пĕр пайĕшĕн çеç «тавар параççĕ», анчах çапах та «тавар параççĕ». Сăмах майĕн çакна палăртса хăварăпăр: «тавар парас» текен сăмахсем юрăхсăр сăмахсем, ăна «продуктпа продукт улăштарса илес» текен сăмахсемпе улăштарни вырăнлă пулĕччĕ. Задача çакăнта пулать: продуктпа продукт улăштарса илес ĕçĕн пуçламăшĕсене ялхуçалăхĕн пур отраслĕсенче те организацилемелле, вĕсене продуктпа продукт улăштарса илмелли анлă йĕрке туса аталантармалла, колхозсем хăйсен продукцийĕшĕн укçа кăна мар, пуринчен ытла кирлĕ япаласем илсе тăма пултарччăр. Çакăн пек йĕрке хула яла парса тăракан продукци хисепне питех те нумай ӳстерме хушать, çавăнпа та вăл йĕркене ытлашши васкамасăр, хула туса кăларакан япаласем пухăнса пынă май тăвас пулать. Анчах çав йĕркене ним пăркаланмасăр, ним иккĕленмесĕр, тавар сутса илес ĕçĕн анлăшне утăм хыççăн утăм чакарса пырса тата продуктпа продукт улăштарса илес ĕçĕн анлăшне аслăлатса пырса пурнăçа кĕртмелле.

Çакăн пек йĕрке тавар сутса илес ĕçĕн анлăшне чакарса, социализмран коммунизма куçассине çăмăллатать. Кунсăр пуçне, вăл колхозсен тĕп харпăрлăхне, колхоз производствин продукцине пĕтĕм халăх хуçалăхне планламалли пĕтĕмĕшле йĕркене кĕртме май парать.

Çакă пулать те ĕнтĕ пирĕн хальхи условисенче колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕн шайне çити çĕклемелли чăн-чăн тата ĕçе татса паракан меслет.

Çакăн пек йĕрке колхоз хресченĕсемшĕн усăллă-и? Паллах, усăллă. Усăллă, мĕншĕн тесен колхоз хресченĕсем, тавар сутса илнĕ вăхăтрипе танлаштарсан, государствăран продукци чылай ытларах илсе тăма пуçлĕç тата продукци хакĕ чылай йӳнĕрех пулĕ. Пуриншĕн те паллă, продуктпа продукт улăштарса илесси («тавар парасси») çинчен правительствăпа договор тунă колхозсем çакăн пек договор туман колхозсенчен нумай ытларах усă илеççĕ. Продуктпа продукт улăштарса илмелли йĕркене çĕршыври пур колхозсене те сарас пулсан, пирĕн мĕнпур колхоз хресченĕсем çавăн пек усă илсе тăрĕç.

**И. СТАЛИН.**

1952 çулхи сентябрĕн 28-мĕшĕ.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чăваш педагогика институчĕн физикăпа математика факультетĕнче IV-мĕш курсра вĕренекен Роза Якимова. Вăл пур предметсене те питĕ лайăх вĕренсе пырать, виççĕмĕш çул ĕнтĕ Сталинла стипенди илет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Малта пыракансен опычĕпе паллашмалла

Малта пыракан колхозсемпе совхозсене экскурсине кайса вĕсен ĕçри çитĕнĕвĕсемпе паллашни колхоза пысăк усă парать.

Пирĕн республикăра малта пыракан колхозсем нумай, вĕсем кашни çулах пысăк тухăçлă тырпул туса илеççĕ.

Анчах Первомайски районĕнчи колхозсем малта пыракансен опычĕпе паллашмаççĕ, çак ĕçе районти ялхуçалăх пайĕ япăх туса пырать.

Пирĕн республикăри малта пыракан колхозсене ытти республикăри ĕçсыннисем экскурсине нумай килеççĕ, вĕсен ĕçри опычĕпе паллашса хăйсен колхозĕсенче те çавăн пекех ĕçе организацилеççĕ.

Первомайски районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз республикăри малта пыракан Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозсенчен 20—22 километрта çеç вырнаçнă. Анчах Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çав ялхуçалăх артелĕсенче пĕрре те экскурсире пулса курман.

Уй-хир бригадирĕсемпе ферма заведующийĕсем колхоз правленийĕ умне малта пыракан колхозсене экскурсие илсе каясси çинчен ыйту лартнăччĕ, правлени ку тĕлĕшпе нимĕн те тумарĕ.

Первомайски районĕнчи ялхуçалăх пайĕн хамăр районти колхозниксене малта пыракан колхозсене экскурсие илсе каяссине организацилемелле.

**С. ГРИГОРЬЕВ,**
**Первомайски районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ.**

## Финанс планне срокчен тултарма тăрăшаççĕ

ИЕПРЕÇ. Ял Совет председателĕсемпе финанс работникĕсен çак кунсенче пулса иртнĕ канашлăвĕ районта финанс планне тултарас ĕç мĕнле пыни çинчен сӳтсе яврĕ. Канашлура тухса каланă юлташсем районти ĕçсыннисен политикăллă тата производствăллă активлăхĕ ӳсни, колхозниксемпе колхозницăсем укçа-тенкĕ парăмĕсене, çав шутра налогсемпе страховка укçине срокчен парса татма тăрăшни çинчен каласа пачĕç.

Районти финанс пайĕн Кирово ял Советĕнче ĕçлекен агенчĕ Ц. Н. Кураков юлташ канашлура хăйĕн участокĕнче пĕрремĕш кварталта халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана мартăн 14-мĕшĕ тĕлне тултарни çинчен пĕлтерчĕ, плана иртте,се тултарма сăмах пачĕ. Вăл хăйĕн ĕç опычĕ çинчен каласа кăтартрĕ, ял Совет председателĕсемпе налог агенчĕсене хăй пек ĕçлеме чĕнчĕ.

Ворошилово ял Совечĕн председателĕ Ибрин тата налог агенчĕ Макаров юлташсем кварталти финанс планне иртгерсе тултарма сăмах пачĕç.

Пысăк Упакасси ял Совет председателĕ Ятранов тата налог агенчĕ Тряков юлташсем виçĕ кун хушшинче тĕрлĕ парăмсене 14 пин тенкĕ пухнă.

Укçа-тенкĕ пухас ĕç Буинск поселок Советĕнче те лайăх пырать. Унти ĕçсыннисем те налогсемпе страховка укçине вăхăтра парса татма тăрăшаççĕ. Унта виçĕ кун хушшинче 8.500 тенкĕ пухăннă.

Районти колхозсем тупăшран тӳлемелли налога парса татма васкаççĕ.

Канашлăва пухăннă ял Совет председателĕсемпе финанс работникĕсем каличченхинчен ытларах тăрăшса ĕçлеме, финанс планне кашни кварталтах пĕр тикĕс тултарса пырассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатма пулчĕç.

**И. ЗОЛОТНИКОВ.**

## *Шкул заведующийĕсене пулăшма*

СОВЕТСКИ. Педагогика кабинечĕ шкулсене кулленхи ĕçре пулăшать. Çак кунсенче кабинет шкул заведующийĕсен семинарне ирттерчĕ. Унта «Теорие практикăпа çыхăнтарса пырасси», «Вĕреннĕ материала тепĕр хут аса илесси тата çак ĕçĕн методики» темăсем тăрăх докладсем итлесе сӳтсе явнă. Шкул заведующийĕсем Этмен, Анат Явăш, Анаткас шкулĕсенче уроксем итленĕ, шкул ачисен çыру ĕçĕсемпе паллашнă.

**Я. СИГАЕВ.**

# Социализмла ăмăрту договорне мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеççĕ

### 1. ÇĔМĔРЛЕСЕМ ХĔРЛĔ ЧУТАЙРА

Темиçе çул хушши ĕнтĕ Çĕмĕрлепе Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи ялхуçалăх ĕçченĕсем пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Кашни çул икĕ хутчен пĕр-пĕрин патне делегацисем ярса ăмăрту договорне мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеççĕ.

Иртнĕ çулхи ялхуçалăх ĕçĕсене мĕнле ирттернине тата çитес çуракине хатĕрленес ĕç мĕнле пынине тĕрĕслеме çĕмĕрлесем малтан Хĕрлĕ Чутая кайса килчĕç.

Чи малтанах çакă палăрчĕ. Икĕ районĕнче те, хăватлă машина-трактор станцийĕсем ĕçлеççĕ пулин те, çĕрĕç культури çав-çавах кайра тăрать-ха, ялхуçалăх ĕçĕсене агротехникăна пăхăнмасăр тунине пула, тырпул тухăçлăхĕ икĕ районĕнче те начар. Çапла, сăмахран, тĕштырă туса илме панă плана çуррине те тултарман.

Техникăллă культурăсем тата пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе те районсем юлса пыраççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçсем тата та япăхрах. Пĕтĕмĕшпе илсен, сурăхпа лаша ĕрчетмелли тата сысна ами усрамалли плана кăна тултарнă. Ытти выльăх енĕпе вара плана 70—98 процент çеç тултарнă. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пысăк мар. Иртнĕ виçĕ çул хушшинче сĕт суса илес тĕлĕшпе икĕ районĕ те, малалла каяс вырăнне, чакса пыраççĕ. Çапла, Çĕмĕрле районĕнчи колхозсенче 1950 çулта кашни ĕнерен 886 литр, 1951 çулта—815 литр сĕт суса илнĕ пулнă, 1952 çулта 801 литр кăна суса илнĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕнче 1950 çулта 723-шер литр, 1951 çулта 660-шар литр, иртнĕ çул 579-шар литр анчах сĕт суса илнĕ.

Районта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ-ха. Маленков ячĕпе тăракан колхозăн, сăмахран, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме условисем çав тери лайăх. Улăх-çаранран колхоз пуян, çавна пула кĕтӳ ӳсретме, выльăх апачĕ хатĕрлеме лайăх майсем пур. Апла пулин те выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ, унтан илекен тупăш питĕ пĕчĕк. Колхоз выльăх-чĕрлĕхе хĕл касарма пачах хатĕрленмен, витесене ăшатман, пĕтĕ выльăх валли тата çамрăк выльăхсене усрама уйрăм пӳлĕмсем çук. Маленков ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан тата «Заветы Ленина» колхозсенче сысна витисенчи темиçе çулхи тислĕке кăларман, апата ура айне тăкса параççĕ. Кунтан та ытларах. Сыснасене шăннă, çуман çĕрулмине çаплипех çитереççĕ. Сыснасене пысăк ушкăнпа хупса усраççĕ, çавăнпа та вĕсем ырхан.

— Кун пек сыснасене усранипе усраманни пĕрех,—терĕ делегаци членĕ, Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Иван Егорович Архипов юлташ.

Делегаци çавăн пекех Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕ çуракине мĕнле хатĕрленнипе тĕплĕн интересленчĕ.

Çуракинче ĕç ăнăçлăхне машина-трактор станцийĕ татса пама тивĕç. Анчах Хĕрлĕ Чутай районĕнчи руководительсем çакна асра тытмаççĕ пулас.

МТС механизаторĕсем хушшинче ĕç дисциплинни пăсăлса кайнă. Малтанхи вăхăтра вуншар рабочи ĕçе тухман. Çавăнпа та хăшпĕр узелсен ĕçĕ пачах чарăнса ларнă. Ку йăла паян кунччченех тăсăлса пырать. А. Ярылкин, Д. Яковлев, А. Ершова, П. Черендеев юлташсем ертсе пыракан узелсем, рабочисем ĕçе йĕркеллĕ ӳсременнине пула, хăйсен нормисене 33—35 процент кăна тултараççĕ. Комисси тĕрĕсленĕ кун юсав ĕçне 30 çын тухман. Çак сăлтавсене пула тĕрĕсленĕ кун тĕлне юсама палăртнă тракторсенчен çуррине яхăн кăна юсаса актпа йышăннă.

Йышăннă хăшпĕр тракторсене те, кивĕ пайсем лартнă пирки, тепĕр хут пăсса юсамалла пулать. Чылай трактор двигателĕсене ĕçлеттерсе тĕрĕслемен, тĕрĕслenisене те вăйне пĕлме кăна ĕçлеттерсе пăхнă, горючи расходне пĕлме пĕр моторне те тĕрĕслемен. Çавна пула пĕр тракторăн та горючи расходламалли норма паллă мар.

Ялхуçалăх машинисене юсас тĕлĕшпе те МТС кайра тăрать. График тăрăх мартăн 10-мĕшĕ тĕлне 31 сеялка юсаса кăлармалла пулнă, 26 кăна юсанă. 52 культиватортан 28, 48 плугран 23 плугне кăна юсанă. Куçса çӳрекен мастерской, комбайнсемпе молотилкăсене, чăннипе илсен, юсама тытăнман.

Юлашки вăхăтра механизаторсем хушшинче партиллĕ-политикăллă ĕç лайăхланма пуçларĕ, çавна май ĕç дисциплини çирĕпленсе пырать. Халĕ мастерскойран кашни икĕ-виçĕ кунта пĕрер трактор тухать. И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсем çине ответлесе, МТС работникĕсем пĕтĕм юсав ĕçне апрелĕн 10-мĕшĕ тĕлне вĕçлеме сăмах пачĕç.

Тĕрĕсленĕ хăшпĕр колхозсенче, сăмахран, «День урожая», Маленков ячĕпе тăракан, «Заветы Ленина» тата Мичурин ячĕпе тăракан колхозсенче, çуракине хатĕрленес ĕç сӳрĕк пырать. Пĕр колхозра та, тимĕрçĕ лаççисем пур çинчех, ялхуçалăх инвентарьне юсамаççĕ, вĕсем юр айĕнчех лараççĕ. Вăрлăх сортласен те вăрах пырать. Тислĕк турттармаççĕ. Икĕ колхоз—Ленин ячĕпе тата Андреев ячĕпе тăракан колхозсем кăна минераллă удобрени кӳрсе килме тытăннă.

Пĕр колхозра та 1953 çулта ялхуçалăхне аталантармалли плана пăхса тухман, производство планĕсемпе производство заданийĕсем çук. Маленков ячĕпе тăракан колхозсăр пуçне, ыттисенче ĕç нормисене пăхса тухса çирĕплетмен.

Правленисенче учет ĕçне япăхтарса янă. Ĕçкунĕсен ведомоçĕсене туман, ĕçкунĕсене колхозниксен ĕç кĕнекисем çине çырмаççĕ.

Ăмăрту договорне тĕрĕслеме пынă делегаци членĕсем, райсовет исполкомĕн ларăвĕнче пулса, палăртнă çитменлĕхсем тата вĕсене пĕтермелли майсем çинчен каласа пачĕç.

### 2. ХĔРЛĔ ЧУТАЙСЕМ ÇĔМĔРЛЕРЕ

Хĕрлĕ Чутай районĕнчен килнĕ представительсем Çĕмĕрле районĕнчи 6 колхозра тата МТС-ра, юлашкинчен ялхуçалăхĕнче малта пыракансен канашлăвĕнче пулчĕç.

Хĕрлĕ Чутай районĕн представителĕсем акă мĕн асăрханă. Машина-трактор станцийĕ юсав ĕçĕсене пĕтернĕпе пĕрех. Хăшпĕр трактор бригадисем колхозсене тухса та кайнă. МТС-ра газогенераторлă тракторсемпе ăнăçлă усă кураççĕ. (Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнче вĕсем темиçе çул ĕнтĕ ĕçсĕрех тăраççĕ, кăçал юсама та шутламаççĕ). Çĕмĕрле МТС-ĕнче çавнашкалах «Коммунар» комбайнсемпе ĕçлессине лайăх йĕркеленĕ. Кашни комбайн пуçне 191 гектар вырса пуçтарнă. Уйрăм комбайнерсем, сăмахран, Г. Тюкин комбайнер сезон вăхăтĕнче 414 гектар, С. Медведев комбайнер 380 гектар вырса çапнă.

Анчах МТС ĕçĕнче çитменлĕхсем те чылай-ха. 28 колхозран 19 колхозпа договор тунă тесе ĕнентереççĕ МТС руководителĕсем, анчах договорĕсем МТС-ра çук. 9 колхозра МТС отчет туса паман.

Юсав ĕçĕнче те çитменлĕхсем пур. Тракторсен хунарсем çук; икĕ тракторăн отстойникĕсене çухатнă, свечисене кăларса илнĕ, анчах вĕсем вырăнне пробка лартман. Электрооборудовани кивĕ, кайран улăштаратпăр тесе çаплипех хăвараççĕ.

Хĕрлĕ Чутай районĕн представителĕсем каласа панă тăрăх, вĕсем Çĕмĕрле районĕнчи уйрăм колхозсенчен чылай вĕренме пултараççĕ. «Комбинат» колхозра тырпул тухăçлăхĕ çултан-çул ӳссе пырать. Кунта уйрăмах выльăх-чĕрлĕхе пăхма лайăх вĕренме пулать. Пĕлтĕр колхоз 100 ĕне вырнаçмалăх çĕнĕ, стандартлă вите лартнă. Унта автопоилкăсем вырнаçтарнă. Ĕнесене рационпа çитереççĕ. Вĕсем самăр та таса. Сĕт те нумай параççĕ. М. Федюкова доярка хăйне çирĕплетсе панă 12 ĕнерен кашнинчен 1.250-шер литр сĕт суса илнĕ. Сĕт суса илесси кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, ӳссех пырать. 1952 çулта малтанхи икĕ уйăх хушшинче 112-шер литр сĕт суса илнĕ пулсан, кăçалхи икĕ уйăх хушшинче кашни ĕнерен вăтам шутпа 217 литр илнĕ.

«Комбинат» колхозра выльăх-чĕрлĕх ферминчи пур йывăр ĕçсене те механизациленĕ.

Ленин ячĕпе тăракан колхозра сысна ĕрчетес ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Кун пирки Хĕрлĕ Чутай районĕнчен килнĕ представитель—«Путь Ильича» колхоз бригадирĕ Осип Васильевич Яндайкин çапла каларĕ:

— Сыснисем çуса тасатнă пек: шапшурă та самăр. Çӳлĕмсен урайĕсем пӳрт урайĕ пек таса. Унсăр ăстан сысна ӳссине курăн?..

Сыснасене кунта опытлă çынсем пăхаççĕ. М. Кудрова, сăмахран, 8 çул хушши сыснасем пăхса пурăнать. Иртнĕ çул хушшинче колхоз кашни сысна аминчен 20,3 çура илнĕ. Е. Мигушова вара хăй пăхакан сысна амисенчен 23,5 çура илнĕ.

М. Кудровăпа Е. Мигушова юлташсем сыснасене икĕ хутчен—пĕрре февральте, тепре—июльте çăвăрлаттараççĕ. Чуптарасса икĕ сысна асипе чуптараççĕ. Сысна ами пĕр аçапа чупнă хыççăн, тепĕр вунă минутран ун патне тепĕр сысна аçи яраççĕ. Çапла тунипе сысна çурасем йышлăн, курет. «Незабудка» ятлă сысна ами икĕ хут çурласа 27 çура панă.

Сысна çурисене ӳснĕ чухне кăмрăк, пурă, хĕрлĕ тăм параççĕ. Хĕрлĕ тăма кĕркуннех икĕ метр тарăнăшĕнчен илсе хатĕрлесе хăвараççĕ. Фермăра çавăн пекех хыр-чăрăш йĕппинчен хатĕрленĕ витамин шывĕ çитеклĕ. Сыснасене, уйрăмах çурăллисене силос, сĕлĕпе вика тулăх çитереççĕ.

Ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз малта пырать. Вăл плана ытлашшипех тултарнă. Планпа кашни ĕнерен 1.400 литр сĕт илме палăртнă, колхоз вара 1.513 литр илнĕ.

Çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе те Ленин ячĕпе, Молотов ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан тата «Победа», «Комбинат» колхозсем ăнăçлă ĕçлеççĕ. Вĕсем тимлесех ялхуçалăх инвентарьне юсаççĕ, хире тислĕк, торф кăлараççĕ, минераллă удобренисем кӳрсе килеççĕ.

Тĕрĕсленĕ хăшпĕр колхозсенче çитменлĕхсем те чылай. «Красный пахарь» колхозра, сăмахран, тырпул тухăçлăхĕ те, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш та пĕчĕк. Ку пĕтĕмпех ĕç дисциплинине япăхтарса янинчен килнĕ. Пĕр уйăх хушши колхозра председатель те пулман, ферма заведующийĕ те пĕччен тăрса юлнă.

Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен канашлăвĕнче «Победа», Ленин ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕсем С. Носков, М. Михайлов; И. Архипов юлташсем тата делегаци членĕ, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ З. Федоров юлташ хăйсен малашнехи ĕç планĕсемпе паллаштарчĕç.

З. Федоров юлташ ăмăрту мĕнле пынине çулталăкра пĕрре е иккĕ мар, кашни пысăк ĕç хыççăн тĕрĕслеме сĕнет.

Çĕмĕрле районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем 1953 çул валли çĕнĕ обязательствăсем илсе, кăçал та Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозниксемпе ăмăртса ĕçлеме йышăнчĕç.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**
**(«Коммунизм ялавĕ» корр.).**

# КПСС Шупашкар хула комитечĕн пиллĕкмĕш пленумĕ

Мартăн 27-мĕшĕнче КПСС Шупашкар хула комитечĕн V-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ.

КПСС хула комитечĕн секретарĕ Н. Н. Никитин юлташ пленум уҫăлни ҫинчен пĕлтерсе, юратнă ҫулпуҫăмăрпа учителĕмĕре Иосиф Виссарионович Сталин юлташа хисеплесе ура ҫине тăма сĕнет. Пурте тăраҫҫĕ.

Хулари ĕҫҫыннисем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕҫ мĕнле тăни тата ăна лайăхлатмалли мерăсем ҫинчен КПСС хула комитечĕн секретарĕ А. П. Швечков юлташ доклад турĕ. Докладчик тата прение тухса калакансем юлашки вăхăтра агитациллĕ-массăллă ĕҫ лайăхланса пынине палăртрĕҫ. Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленсе иртернĕ вăхăтра фабрикăсемпе заводсенчи, учрежденисемпе тĕрлĕ организацисенчи, шкулсенчи агитаторсем суйлавҫăсене партипе правительство решенийĕсем, суйлав положенийĕ, Сталинла Конституци панă аслă правасемпе ĕҫҫыннисен обязанноҫĕсем ҫинчен ăнлантарса парас енĕпе тăрăшса ĕҫленĕ. Ĕҫҫыннисен политикăллă тата ĕҫри активлăхĕ нихҫанхинчен те ытларах ӳснĕ. Суйлава активлă хутшăнса, суйлавҫăсем Шупашкар хула Совечĕпе Сосновски тата Чапаевски поселок Совечĕсене депутата суйлама тăратнă кандидатсемшĕн пĕр ҫын пек пулса сасăланă, Ленин—Сталин партине, Совет правительствине, халăхсен юратнă ҫулпуҫĕпе учительне И. В. Сталин юлташа пĕтĕм чун-чĕререн юратнине тата парăнса ĕҫленине кăтартса панă.

КПСС хула комитечĕн пленумĕ кунпа пĕрлех хулари хăшпĕр пуҫламăш парторганизацисем агитациллĕ-массăллă ĕҫе вăхăтран вăхăта ҫеҫ туса пынине, Водосвет трестĕнчи, ликерпа эрех заводĕнчи, Госбанкри, ҫăкăр заводĕнчи тата ытти хăшпĕр учрежденисемпе организацисенчи агитколлективсем вырăнти Советсен иртнĕ суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче ҫителĕксĕр ĕҫлесе пынине палăртрĕ. Хулари хăшпĕр пуҫламăш парторганизацисем суйлав иртнĕ хыҫҫăн ĕҫҫыннисем хушшинче докладсем, лекцисем, калаҫусем иртерес енĕпе ĕҫлеме пăрахнă. Хулара наглядлăй агитацие ҫителĕксĕр организациленĕ. Клубсемпе библиотекăсем тата хĕрлĕ кĕтессем политикăллă агитаци ĕҫне кирлĕ пек хутшăнман.

Хулари хăшпĕр предприятисемпе артельсем ҫак ҫул пуҫламăшĕнче ҫителĕксĕр ĕҫлесе пычĕҫ. Февраль уйăхĕнчи производство планне 20 предприяти ытла тултарман.

Пленум фабрикăсемпе заводсенчи, артельсенчи пуҫламăш парторганизацисене, политикăллă агитацие вăйлатнă май, ĕҫҫыннисен политикăллă тата производствăллă активлăхне куллен ӳстерессишĕн, производство планне вăхăтра тата иртерсе тултармалла тăвассишĕн кĕрешме хушрĕ.

КПСС хула комитечĕ ĕҫҫыннисем хушшинче массăллă-политикăллă ĕҫе пур енĕпе те лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕҫлĕ мерăсем йышăннă. Юлашки вăхăтра пуҫламăш парторганизацисен секретарĕсемпе, агитпунктсен заведующийĕсемпе тата хула комитечĕн штатра тăман лекторĕсемпе ятарласа канашлу иртерсе, ĕҫҫыннисем хушшинче политикăллă агитацие лайăхлатасси ҫинчен сӳтсе явнă.

Пуҫламăш парторганизацисен политикăллă агитацие пур енĕпе те лайăхлатса пымалла. Агитаторсен КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсемпе мĕнпур ĕҫҫыннисене чĕнсе каланине, И. В. Сталин юлташа пытарнă кун Мускавра иртернĕ хурлăхлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене, СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене пур ĕҫҫыннисене те ăнлантарса памалла. Ҫавăн пекех КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине ăнлантарас енĕпе куллен ĕҫлемелле.

Пренире педагогика институтĕнчи парторганизаци секретарĕ Гришин, пиравăр комбинат строительствинчи парторганизаци секретарĕ Курапина, пионерсен ҫурчĕ ҫумĕнчи ялан ĕҫлекен агитпункт заведующийĕ Прохоров, Терентьев (Чапаевски поселок), Булаев («Электрик клуб ҫумĕнчи ялан ĕҫлекен агитпункт заведующийĕ), Смирнова (Чăваш АССР Сывлăх министерстви), Леонтьев (Электромеханически техникум), Никитина (Атăл леш енчи торфопредприятири пуҫламăш парторганизаци секретарĕ), Кузьмина (политикăпа наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕҫлекен Пĕтĕм Союзри обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕ), Шигаева (пуҫламăш тата вăтам шкулсенче ĕҫлекенсен профсоюзĕн хулари комитечĕн председателĕ) юлташсем тухса каларĕҫ.

Пленум ĕҫне КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ хутшăнчĕ.

Пленум сӳтсе явнă ыйтупа тивĕҫлĕ решени йышăнчĕ.

# Ялхуҫалăх специалисчĕсен ҫĕнĕ отрячĕ

Чăвашсен ялхуҫалăх институтне 1931 ҫулта организациленĕ. Ҫак вăхăт хушшинче институтран ученăй агрономсемпе ученăй зоотехниксем 900 ҫынна яхăн вĕренсе тухнă.

Мартăн 28-мĕшĕнче институтран ялхуҫалăх специалисчĕсен ҫĕнĕ отрячĕ вĕренсе тухрĕ. 57 студент ученăй агроном ятне, 20 студент ученăй зоотехник ятне илчĕҫ. Агрономи факультетĕнчи А. Кузнецов, Р. Мочалова, Р. Оникова, зоотехника факультетĕнчи Н. Ильин, М. Маслова студентсене питĕ лайăх вĕренсе тухнине пĕлтерекен диплом панă.

Ученăй агрономсемпе ученăй зоотехниксем вĕренсе тухнă ятпа институтра преподавательсемпе служащисен тата студентсен чаплă ларăвĕ пулса иртрĕ.

Зоотехника факультечĕн деканĕ И. А. Рыжков юлташ институт директорне Г. И. Калинцев юлташа сăмах парать. Калинцев юлташ ялхуҫалăхĕн ҫамрăк специалисчĕсене институтран вĕренсе тухнă ятпа хĕрӳллĕн саламларĕ, вĕсене ĕҫре ҫитĕнӳсем тума ырă сунчĕ.

Институтран вĕренсе тухни ҫинчен калакан приказа вуласа параҫҫĕ. Оркестр савăнăҫлă кĕвĕ каланă май институтран вĕренсе тухнă студентсем пĕрин хыҫҫăн тепри дипломсем илеҫҫĕ.

Чаплă ларура Чăваш АССР Ялхуҫалăх министрĕ Г. Мартынов, институтри марксизм-ленинизм кафедрин заведующийĕ П. Лебедев доцент, ВЛКСМ Чăваш обкомĕн секретарĕ А. Иванов, Чăвашсен педагогика институчĕн директорĕ К. Евлампьев, Л. Пельцих профессор, зоотехника факультечĕн деканĕ И. Рыжков юлташсем тухса каларĕҫ. Вĕсем институтран вĕренсе тухнă студентсене хĕрӳллĕн саламларĕҫ, Тăван ҫĕршыв ырлăхĕшĕн, социализмла ялхуҫалăхне аталантарассишĕн ăнăҫлă ĕҫлеме ырă сунчĕҫ.

ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ А. Иванов юлташ институтра лайăх вĕренсе пынă, общественлă ĕҫе активлă хутшăнса ĕҫленĕ студентсен ушкăнне ВЛКСМ обкомĕн Хисеплĕ грамотисене пачĕ.

Ларура М. Маслова, А. Кузнецов, Р. Оникова, Г. Касимов студентсем тухса каларĕҫ. Вĕсем хăйсене пысăк квалификациллĕ ялхуҫалăх специалисчĕсем пулма вĕрентсе хатĕрленĕшĕн партипе правительствăна, институтри преподавательсене чĕререн тав турĕҫ, ялхуҫалăхĕнче чунтан тăрăшса ĕҫлеме сăмах пачĕҫ.

Ҫамрăк специалистсем Чăваш, Мари, Тутар АССР-не, Архангельск, Вологда, Чита облаҫĕсене, Приморски крайне ĕҫлеме каяҫҫĕ. Лайăх вĕренсе пынă, институтра вĕреннĕ чухне наукăллă ĕҫе активлă хутшăннă Л. Иванов студента институтра ĕҫлеме хăварнă.

А. ЖИРНОВ.

# Техникум колхозпа ҫыхăну тытать

Шупашкарти кооперации техникумĕнче вĕренекенсем Шупашкар районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозпа виҫĕмĕш ҫул ĕнтĕ ҫирĕп ҫыхăну тытаҫҫĕ.

Кăҫал вĕренекенсем колхозниксене Ленин—Сталин партийĕн XIX-мĕш съезд материалĕсемпе паллаштарнă, И. В. Сталин ҫырнă «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенийĕ ҫинчен, ҫавăн пекех «Сталинла Конституци—тĕнчери чи демократиллĕ Конституци»—тема тăрăх лекцисемпе докладсем иртерсе тăнă. Техникумри художествăллă пултарулăх коллективĕ колхозра пилĕк хутчен концерт панă.

Техникумри фотокружок членĕсем колхоз ҫуракине мĕнле хатĕрленнине кăтартса паракан фотовитрина тăваҫҫĕ.

Ҫак кунсенче вĕренекенсем каллех колхозра пулчĕҫ. Истори преподавателĕ В. Александрова юлташ колхозниксене коммунизм стройкисем ҫинчен доклад туса пачĕ. Ун хыҫҫăн техникумри художествăллă пултарулăх коллективĕ вырăс, украина, чăваш юрри-ташшисен пĕрлехи пысăк концерт пачĕ. Драма кружокĕн членĕсем «Ялта» пьеса лартса пачĕҫ.

В. ВАРСОНОФЬЕВ.

## Лайăх ĕҫлекен продавец

Хирти Сĕнтĕрти магазинта таварсене лайăх йĕркелесе хунă. Кунта куллен ҫĕр ҫын ытла пулать. Вĕсене магазин заведующийĕ, вăлах продавец З. Ананьев юлташ яланах ăшă кăмăлпа кĕтсе илет. Вăл тавар илме пыракансемпе кăмăллă калаҫать, таварсен пахалăхĕ ҫинчен каласа парать, ҫĕнĕ таварсем килни ҫинчен пĕлтерӳсем кăларса ҫакать.

Ялпо правленийĕ таварсем кӳрсе килес ĕҫ ҫине уйрăмах тимлĕ пăхать. Ҫавăнпа та кирлĕ тавара магазинта яланах тупма пулать.

Ананьев юлташ 1952 ҫулхи тавар ҫаврăнăш планне 133,4 процент тултарнă, январь уйăхĕнчи плана та чылай иртерсе тултарчĕ. Пĕр уйăхра 60 пин тенкĕлĕх тĕрлĕрен таварсем сутнă. Вăл шутра баян, велосипед, ҫĕлĕ ҫĕлемелли машинăсем, патефонсем тата ытти те пулнă.

Ялпо правленийĕ иртнĕ ҫулхи итогсене пăхса тухнă хыҫҫăн, Ананьев юлташа лайăх ĕҫленĕшĕн 250 тенкĕ укҫа парса премилерĕ.

С. СИДОРОВ.

Комсомольски районĕ.

# Ҫамрăксен прависемшĕн кĕрешни—миршĕн кĕрешни пулать

## Ҫамрăксен прависене хӳтĕлемелли пĕтĕм тĕнчери конференци хăйĕн ĕҫне вĕҫленĕ

ВЕНА, мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Ҫамрăксен прависене хӳтĕлемелли пĕтĕм тĕнчери конференци ĕнер хăйĕн ĕҫне вĕҫленĕ. Ирхи ларура пренисем пынă.

Конференцире тĕп доклад тата содокладсем тăрăх пурĕ 118 ҫын тухса каланă.

Конференци Франко шайки Испанири 38 ҫамрăк патриота хупса лартмалла туннине протестлесе телеграмма яма йышăннă. Телеграммăра Пĕтĕм тĕнчери ҫамрăксем Испани патриочĕсемпе пĕр шухăшлă пулнине палăртнă тата Испани патриочĕсене халех тĕрмерен кăларма требовани лартнă.

Ĕҫре ҫитĕнӳсем тума ырă сунса конференци ячĕпе чылай ҫĕршывсенчи ҫамрăксен, профсоюзсен, хĕрарăмсен организацийĕсенчен, спорт организацийĕсемпе ытти организацисенчен телеграммăсем нумай пынă.

Каҫхи ларăвăн пуҫламăшĕнче конференци комиссийĕсен ĕҫĕсем ҫинчен Джузеппе Пенсати доклад туса панă. Вăл пĕлтернĕ тăрăх, конференцире пурĕ 5 комисси тунă. Анлăн та ирĕклĕн сӳтсе явса, комиссисем тĕп докладра, содокладсенче, делегатсем тухса каланă сăмахсенче палăртнă ҫамрăксен кĕрешĕвĕн меслечĕсене пĕтĕҫтерес тĕлĕшпе пысăк ĕҫсем туса иртернĕ.

Трибуна ҫинче США ҫамрăкĕсен представителĕ Джен Александер. Вăл ҫамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци резолюцийĕн проектне вуласа парать. Ҫак резолюци проекчĕшĕн пурте сасăланă.

Сур сехет хушши ытла тăвăллăн алă ҫупаҫҫĕ. Делегатсем ура ҫине тăрса демократиллĕ ҫамрăксен гимнне юрлаҫҫĕ. Франци, Англи, Голланди, Итали тата ытти ҫĕршывсен представителĕсем геройла Корейăпа Вьетнам ҫамрăкĕсен делегачĕсене алă ҫинче ҫĕклесе пĕтĕм зал тăрăх ҫӳреҫҫĕ. Пур халăхсен чĕлхипе те: «Мир! Мир! Мир!» тесе кăшкăрнă сасă кĕрлесе тăрать.

Великобритани ҫамрăкĕсен делегачĕ Уолтер Тэйлор ҫамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци пĕтĕм тĕнчери ҫамрăксене чĕнсе каланине вуласа парать. Чĕнĕве пурте пĕр саслă пулса йышăнаҫҫĕ. Тепĕр хут тăвăллăн алă ҫупма пуҫлаҫҫĕ. Делегатсем пĕр-пĕрне саламлаҫҫĕ, парнесем параҫҫĕ, фотографисем улăштарса илеҫҫĕ. Сывлăшра тĕрлĕ тĕслĕ вуншар тутăрсем вĕлкĕшеҫҫĕ. Тепĕр хут демократиллĕ ҫамрăксен гимнĕ кĕрлесе каять.

Пĕтĕм тĕнчери конференцие пухас тĕлĕшпе ĕҫленĕ Франци комитечĕн председателĕ Пьер Бурдэ юлашки сăмах калать. Вăл конференцие пухас тĕлĕшпе ĕҫленĕ Австри комитетне, Австрири мĕнпур демократиллĕ ҫамрăксене конференци делегачĕсене ăшшăн йышăнса илнĕшĕн тав тăвать.

Пьер Бурдэ: «Сывă пултăр пирĕн ĕҫ тата ҫамрăксен миршĕн пыракан кĕрешĕвĕ!» тесе каланă хыҫҫăн тăвăллăн алă ҫупаҫҫĕ.

Ҫакăнпа ҫамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци хупăнать.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

*Политикăллă комитетра*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитет мартăн 27-мĕшĕнчи ирхи ларура кун йĕркинче «Пĕрлешнĕ нацисен хĕҫпăшаллă вăйĕсене бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курнăшăн айăпланине тӳрĕ кăмăлпа йĕрлесе тухасси ҫинчен» текен ятпа тăракан ыйтăва сӳтсе явма тытăннă.

Ларăва уҫнă хыҫҫăн СССР представителĕ В. А. Зорин сăмах илсе ҫапла каланă: Политикăллă комитет Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курнăшăн айăпланине тӳрĕ кăмăлпа йĕрлесе тухасси ҫинчен Америка делегацийĕ тăратнă ыйтăва сӳтсе явма тытăннă май, Совет делегацийĕ Политикăллă комитета ҫак ыйтăва сӳтсе явас ĕҫе хутшăнма Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсене чĕнме сĕнӳ пама кирлĕ тесе шутлать.

Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курни ҫинчен калакан фактсем ҫинчен ҫак ĕҫпе тӳррĕнех интересленекен тата бактериллĕ хĕҫпăшалтан сиен куракан государствăсен представителĕсем хутшăннипе кăна чăннипех тӳрĕ кăмăлпа тата объективлă сӳтсе явма пулать, тесе палăртнă В. А. Зорин.

Ҫак ыйтăва Китай Халăх Республики правительствипе Демократиллĕ Корея Халăх Республики правительствин представителĕсем хутшăнмасăр сӳтсе явас тени вăл ҫак ыйтăва объективлă тата тӳрĕ кăмăлпа сӳтсе явмалла тăвассинчен малтанах пăрăнса юлма тăрăшни ҫинчен калать, тенĕ Зорин. Ҫакă вăл ыйтăва Политикăллă комитетра сӳтсе явасси мĕнле ҫулпа пулса пымаллине малтанах татса хурассине, вăрҫăра киревсĕр меслетпе усă курнăшăн айăпланакан енне хăйне тӳрре кăларма кирлĕ майсем туса хурассине пĕлтерет.

Ҫавăнпа та Совет делегацийĕ, ҫак ыйтăва сӳтсе явасси ҫине ҫакăн пек пĕр енчен ҫеҫ пăхни тĕрĕс мар тесе шутласа, сĕнӳ тăратать: Китай Халăх Республикин центральнăй халăх правительствипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви патне вĕсем ҫак ыйтăва сӳтсе явма хăйсен представителĕсене яччăр тесе чĕнӳ ямалла.

США, Перу, Греци делегачĕсем тата гоминдановец Совет Союзĕн ҫак сĕнĕвне хирĕҫ тухса каланă.

Польшăпа Индонези представителĕсем совет сĕнĕвне хӳтĕленĕ.

Индонези делегацийĕн пуҫлăхĕ Палар, совет сĕнĕвĕ майлă пулса, ҫапла кăтартса панă: Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсем хутшăнмасăр Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курни ҫинчен тăракан ыйтăва тӳрĕ кăмăлпа тата объективлă сӳтсе явма ҫук. Ҫак ыйтăва пăхса тухнă чухне никам майлă пулас мар тесе тата ырă шухăшпа сӳтсе явас тесе, тенĕ вăл, пирĕн Политикăллă комитета Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсене чĕнес пулать, ҫакă вăл Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курнăшăн айăплани ҫинчен тăракан ыйтăва сӳтсе явас тĕлĕшпе конструктивлă пысăк ĕҫ туни пулать. Индонези представителĕ Политикăллă комитет членĕсене иртнĕ ҫулхи июль уйăхĕнче Хăрушсăрлăх Совечĕнче пулса иртнĕ пăшăрханмалла ҫул ҫине тăрасран сыхлантарнă.

Совет Союзĕн сĕнĕвне сӳтсе явасси США делегацийĕшĕн килĕшмен ҫулпа кайма пуҫланине курсан, Австрали делегачĕ прение чарса лартма сĕнӳ панă. Чылай делегацисем хирĕҫ тăнă пулсассăн та, комитет председателĕ Австрали сĕнĕвне сасăлама тытăннă. Австрали сĕнĕвне Америка ертсе пыракан ушкăнĕн ытларахăшĕ сасăланипе йышăннă. Ҫак сĕнĕве хирĕҫ СССР, УССР, БССР, Чехословаки, Польша, Инди, Индонези, Бирма, Афганистан представителĕсем хирĕҫ сасăланă. 14 ҫĕршыв делегацийĕ никăш майлă та сасăламан.

Ҫакăн хыҫҫăн Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсене чĕнесси ҫинчен Совет Союзĕ тăратнă сĕнĕве сасăлама тытăннă. Ҫак сĕнӳшĕн 15 ҫĕршыв делегацийĕсем (СССР, УССР, БССР, Польша, Чехословаки, Сири, Иран, Инди, Индонези, Ирак, Саудовски Арави, Египет, Бирма, Афганистан, Йемен) сасăланă. Пилĕк ҫĕршыв делегацийĕ никăш майлă та сасăламан. 40 ҫĕршыв представителĕсем, вăл шутра США, Англи, Франци, Австрали представителĕсем, Совет сĕнĕвне хирĕҫ сасăланă. УССР представителĕ А. М. Барановский сасăланин сăлтавĕ пирки ҫапла каланă: Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсене чĕнесси ҫинчен Совет Союзĕ панă сĕнĕве йышăнманни вăл Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курни ҫинчен тăракан ыйтăва никам майлă пулмасăр мар, пĕр енĕ майлă пулса сӳтсе явмалла тăвас тенине пĕлтерет.

Украина ССР делегацийĕ, тенĕ А. М. Барановский, ҫакăн пек решени йышăннине тĕрĕс мар тесе шутлать. Ҫакăн пек туни вăл Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе ытти хăшпĕр ҫĕршывсем Америка делегацийĕ лартнă ыйтăва объективлă сӳтсе явассинчен пăрăнса юлма тăрăшнине кăтартать.

Инди представителĕ Дайял сасăланин сăлтавĕ ҫинчен ăнлантарса ҫапла каланă: Инди делегацийĕ совет сĕнĕвĕшĕн сасăларĕ, мĕншĕн тесен вăл Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсем хутшăннипе кăна ҫак ыйтăва тӳрĕ кăмăлпа, объективлă сӳтсе явма май килнине чĕререн ĕненсе тăрать. Ҫак ĕҫе Корейăпа Китай представителĕсем хутшăнмасăр пăхса тухни вăл фактсене тĕрĕслесе тухасси ҫине объективлă пăхманни пулать.

Сири делегачĕ Таразп ҫапла кăтартса панă: Сири делегацийĕ тавлашуллă ыйтусене пăхса тухма икĕ енĕн представителĕсене те чĕнме кирли ҫинчен калакан принципшăн тăнă, ҫав принципшăн тăрать те. Генеральнăй Ассамблея тавлашăва хутшăннă ҫĕршывсенчен пĕр енĕ кăна тăратнă фактсем тăрăх объективлă решенисем йышăнма пултараймасть. Ҫакна шута илсе, тенĕ Тарази, Сири делегацийĕ СССР делегацийĕн тĕрĕслĕхлĕ сĕнĕвĕшĕн сасăларĕ.

Комитет ҫакăн хыҫҫăн ыйтăва сӳтсе явма тытăннă.

Америка делегачĕ Гросс США хĕҫпăшаллă вăйĕсем Корейăра бактериллĕ вăрҫă вăрҫнине пĕтĕм тĕнче пĕлекен фактсене туннă, ĕҫ ун пек пулман тесе кăтартма тăрăшнă. Вăл, яланхи пекех Совет Союзне, Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикине хирĕҫ элеклесе каланă. Юлашкинчен вăл Корейăри вăрҫа Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе пĕрлех хутшăннă 16 ҫĕршыв ячĕпе резолюци проекчĕ тăратнă. Унта Америкăн хĕҫпăшаллă вăйĕсем Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕҫпăшалпа усă курнăшăн айăпланине «тĕрĕслесе тухма» пилĕк ҫĕршыв представителĕсенчен комисси тума сĕннĕ.

Австралипе Кăнтăр Африка Союзĕн делегачĕсем ҫак резолюци проектне ырланă.

Комитетăн ирхи ларăвĕ ҫакăнпа хупăннă.

# Корейăри ĕҫсем

## ХАЛĂХ ҪАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн Главнăй командованийĕ паян ҫапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх ҫарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаҫĕсем хĕвелтухăҫ фронтра Коранпхори районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсене хирĕҫ хаяррăн ҫапăҫнă. Халăх ҫарĕн чаҫĕсем Мяхенлирен хĕвелтухăҫ енче йышăнса илнĕ ҫӳлĕ вырăн ҫине тăшман артиллери тата авиаци пулăшнипе темиҫе хутчен те атака тунă. Тăшмана каялла хăваласа янă. Вăл нумай ҫухату тӳснĕ.

Америкăн сывлăш-ҫар вăйĕсем паян Хамхын хулинчи мирлĕ халăх пурăнакан кварталсем ҫине тапăннă. Ку кварталсенче нимĕнле ҫар объекчĕсем ҫук пулин те, унта бомбăсем пăрахнă.

Халăх ҫарĕн зенитнăй чаҫĕсемпе тăшман самолечĕсене хирĕҫ кĕрешекен салтаксем тăшманăн 6 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, мартăн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн Главнăй командованийĕ паян ҫапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Халăх ҫарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Коранпхори районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсен ҫарĕсене хирĕҫ оборонăра тăрса ҫапăҫнă.

Халăх ҫарĕн зенитнăй чаҫĕсем тата тăшман самолечĕсене хирĕҫ кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 10 самолетне персе ӳкернĕ, 12 самолетне сиенленĕ.

# Генерал Кларкпа маршал Ким Ир Сен тата генерал Пын Дэ-хуэй пĕр-пĕринпе ҫырусем улăштарса илни

ПЕКИН, мартăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Кăҫалхи февралĕн 22-мĕшĕнче Кларк генерал «ООН-ăн Инҫет Хĕвелтухăҫĕнчи ҫарĕсен командованийĕ» ячĕпе Корея Халăх ҫарĕн верховнăй командующийĕ Ким Ир Сен тата Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ Пын Дэ-хуэй патне тыткăнри чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисене улăштарса илесси ҫинчен ҫыру ярса панă.

Генерал Кларк ҫырăвĕнче ООН ҫарĕсен командованийĕ Женева конвенцийĕ тыткăна илнĕ чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисем тĕлĕшпе калакан условисене пурнăҫа кĕртме хатĕр тăни ҫинчен каланă. «ООН ҫарĕсен командованийĕ,—тенĕ ҫырура,—Женева конвенцийĕн 109-мĕш статьи тăрăх, тыткăнри йывăр чирлĕ тата хытă аманнă ҫар ҫыннисене пурне те, вĕсен сывлăхĕ турттарса тухма май парать пулсан, халех репатриаци тума хатĕр. Эпир сирĕнтен ҫакна ыйтса пĕлесшĕн: эсир хăвăр алăра тăракан ООН ҫарĕсен тыткăна лекнĕ йывăр чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисене халех репатриаци тума хатĕр-и? ООН ҫарĕсен ҫыхăну офицерĕсем сирĕн ҫыхăну офицерĕсемпе тыткăнри йывăр чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисен сывлăхне тĕрĕслесе тухас тата вĕсене улăштарса илес тĕлĕшпе кирлĕ пек килĕшӳ тăвас тĕллевпе тĕл пулма хатĕр».

Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Корея Халăх ҫарĕн верховнăй командующийĕ Ким Ир Сен тата Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ Пын Дэ-хуэй паян ООН-ăн Корейăри хĕҫпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕ генерал Марк Кларк патне ответ ярса панă.

Ответра ҫапла каланă:

«1953 ҫулхи февралĕн 22-мĕшĕнче ҫырнă сирĕн ҫырăва эпир илтĕмĕр.

Перемири ҫинчен пынă калаҫусенче икĕ енĕн делегачĕсем Корейăра перемири тăвасси ҫинчен калакан килĕшӳ проекчĕн 53-мĕш параграфĕ тăрăх чи малтан икĕ енĕн тыткăнри йывăр чирлĕ тата йывăр аманнă ҫар ҫыннисене улăштарса илесси ҫинчен калаҫса татăлнă ĕнтĕ. Ҫакă вăл гуманизм принципĕсемпе килĕшсе тăрать. Корейăра перемири тăвасси ҫинчен пынă калаҫусем чарăнса ларнă пирки кăна ҫак килĕшсе татăлнă пункта пурнăҫлама условисем пулман. Ҫавăн пирки те ку тарана ҫитиччен икĕ енĕн йывăр чирлĕ тата йывăр аманнă ҫар ҫыннисене репатриациleme май пулман.

Сирĕн енĕ халĕ икĕ енĕн аллинче тăракан тыткăна лекнĕ чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисем тĕлĕшпе Женева конвенцийĕн положенийĕпе усă курма хатĕр тăрать пулсан, пирĕн енĕ, ҫавăн пекех хатĕр тăнине палăртса, эсир вăрҫă вăхăтĕнче икĕ енĕн тыткăнри чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисене улăштарса илесси ҫинчен панă сĕнӳпе пĕтĕмпех килĕшет. Ҫак сĕнĕве Женева конвенцийĕн 109-мĕш статьинчи положенисем енчен илсе пăхас пулать. Ҫав вăхăтрах эпир ҫапла шутлатпăр: вăрҫă пынă вăхăтра икĕ енĕн тыткăна илнĕ чирлĕ тата аманнă ҫар ҫыннисене улăштарса илесси ҫинчен тăракан ыйтăва тĕрĕс йĕркелени тыткăнри ҫынсем ҫинчен тăракан пĕтĕм ыйтусене пĕр чăрмавсăр йĕркелесси патне, ҫапла вара пĕтĕм тĕнчери халăхсем Корейăра перемири тума тăрăшнине пурнăҫа кĕртесси патне илсе ҫитермелле. Ҫавăнпа та эпир перемири ҫинчен пыракан калаҫура икĕ енĕн делегачĕсем хушшинчи Паньмыньчжоньри калаҫусене халех пуҫласа яма сĕнетпĕр. Пирĕн ҫыхăну офицерĕ сирĕн ҫыхăну офицерĕпе калаҫусене тепĕр хут пуҫласа ярас ыйтăва сӳтсе явас тата калаҫу пуҫламалли куна палăртас тĕлĕшпе тĕл пулма хатĕр.

КИМ ИР СЕН,
Корея Халăх ҫарĕн верховнăй командующийĕ.
ПЫН ДЭ-ХУЭЙ,
Китай халăх добровольцĕсен командующийĕ.

1953 ҫулхи мартăн 28-мĕшĕ».

* * *

Ҫакăн ҫинчен аса илтерни кирлĕ: Женева конвенцийĕн тыткăна илнĕ ҫар ҫыннисем ҫинчен калакан 109-мĕш статьи пĕр-пĕринпе хирĕҫекен енĕсене «тыткăна илнĕ йывăр чирлĕ тата йывăр аманнă ҫар ҫыннисене, вĕсене кусарса ҫӳреме юрăхлă таран сыватса ҫитернĕ хыҫҫăн, вĕсен званийĕ мĕнле пулнине тата вĕсем мĕн чухлĕ пулнине пăхмасăр, хăйсен тăван ҫĕршывне ăсатса яма» хушать.

Малалла тата ҫак статьяра ҫапла кăтартса панă: вăрҫă пынă вăхăтра пĕр-пĕринпе хирĕҫекен енĕсем, гивĕҫлĕ нейтральнăй державăсем пулăшнипе, тыткăна илнĕ аманнă тата чирлĕ ҫар ҫыннисен пайлă категорийĕсене нейтральнăй ҫĕршывсенче госпитальсенче сыватас ĕҫе организацилеме тăрăшаҫҫĕ, унсăр пуҫне тата «нумай вăхăт хушши тыткăнра пулнă сывă ҫар ҫыннисене репатриаци тăвасси е нейтральнăй ҫĕршывра тытса тăрасси ҫинче килĕшӳ тума пултараҫҫĕ».

109-мĕш статья тăрăх, репатриаци тума палăртнă аманнă е чирлĕ пĕр ҫар ҫыннине те «вăрҫă пынă вăхăтра хăй ирĕк памасăр репатриаци тума ҫук».

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — мартăн 31-мĕшĕнче кăнтăрла тата каҫхине вырăсла спектакль: «Богатырский сказ». Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каҫхи спектакль 20 сехетре пуҫланать.

ҪАМРАКСЕН ТЕАТРĔНЧЕ — мартăн 31-мĕшĕнче **«Коварство и любовь»**. Спектакль 20 сехетре пуҫланать.

ФИЛАРМОНИ ЗАЛĔНЧЕ — мартăн 31-мĕшĕнче концерт-лекци. Тема: «Музыкăна мĕнле итлемелле». 21 сехетре пуҫланать.

## КИНО

«РОДИНА» — мартăн 31-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче **«Навстречу жизни»**, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланакан сеанссенче Румынире ӳкернĕ ҫĕнĕ фильм **«Мечта сбылась»**.

«УДАРНИК» — **«Максимка»**.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăҫ пайĕ—3-99, ялхуҫалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, ҫырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

ИТ 01344 Типография №1. Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.